Республикăри хаçат
ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул
Июль
15
юнкун
№ 137 (9046)
36-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



# Коллективлăн ертсе пымалли принципа çирĕппĕн пурнăçламалла

Коммунистсен партийĕ—совет обществин организацилесе тата хавхалантарса пыракан вăйĕ. Вăл ăслăн ертсе пынипе совет халăхĕ коммунизм тăвас ĕçре пĕтĕм тĕнчипе паллă историллĕ çĕнтерӳсем турĕ. КПСС XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене пурнăçласа, парти халăх хуçалăхĕпе культурăн пур отраслĕсене те малалла хăватлăн аталантарчĕ.

Коммунистсен партийĕ совет халăхĕн пултаруллă ĕçне ертсе пырать. Çак руководствăн хăватлă вăйĕ — Маркс—Энгельс—Ленин—Сталинăн революциллĕ теорийĕ партин нумай çулсем хушшинче туса хатĕрленĕ политикин никĕсĕ пулнинче. Организацилле ĕçĕн пĕлтерĕшне тата партин шалти ĕçĕсене, государство ĕçне, хуçалăхпа культура строительствине ертсе пымалли меслетсене лайăхлатассине парти питĕ пысăк вырăна хурать.

Çак кунсенче союзлă республикăсенчи компартисен Центральнăй Комитечĕсем, партин область, хула тата район комитечĕсем парти активĕпе пĕрле КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕн ĕçĕсем çинчен сӳтсе явас тĕлĕшпе ирттерекен пленумсем парти речĕсен хурçă пек çирĕп пĕрлĕхне, парти хăйĕн Центральнăй Комитечĕ тавра тачă пĕтĕçсе тăнине кăтартса параççĕ. Пленум участникĕсем пĕтĕм партин, пĕтĕм совет халăхĕн шухăшкăмăлне палăртса, партипе халăхăн тăшманне, пĕтĕм тĕнчери империализм тарçине Берияна çав тери тарăхса питлеççĕ. Бериян партие тата государствăна хирĕçле преступникла ĕçĕсене пĕтерсе лартас тĕлĕшпе партин Центральнăй Комитечĕ вăхăтра йышăннă татăклă мерăсене пленумсем питĕ тĕрĕс тесе ырлаççĕ.

Берия ĕçĕнчен хамăрăн малашнехи ĕçсем валли политикăлла урокесемпе тивĕçлĕ выводсем тума кирли çинчен КПСС Центральнăй Комитечĕ кăтартса панисене пурнăçласа, парти комитечĕсен пленумĕсем парти организацийĕсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене критиклеççĕ, Центральнăй Комитет кăларса тăратнă задачăсене пурнăçлас тĕлĕшпе мероприятисем палăртаççĕ. Партилле-организацилле тата политикăлла ĕçсен шайне ӳстерессипе çине, партипе государство аппарачĕн пур сыпăкĕсенче те парти руководствине вăйлатмалли çине, парти руководствин принципĕсене тата парти пурнăçĕн йĕркисене тĕрĕс пурнăçласа пымалли çине пленумсем питĕ тимлĕн пăхаççĕ.

Пирĕн парти руководствин чи çӳлĕ принципĕ—коллективлăн ертсе пырасси пулса тăрать. Пĕччен йышăннă решенисем яланах е ялан тенĕ пекех пĕр енлĕ решенисем пулаççĕ. Парти çапла вĕрентет: политикăлла коллективла опыт кăна, марксистла-ленинла теорин наукăлла никĕсĕ çине таянса ĕçлекен Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн коллективла ăслăлăхĕ кăна партие тата çĕршыва тĕрĕс ертсе пыма, парти речĕсен никам пăсма пултарайман пĕрлĕхне тата пĕтĕçӳлĕхне туса хума, пирĕн çĕршывра ăнăçлăн коммунизм туса пыма май парать.

Коллективлăн ертсе пымалли принципа партин кашни организацийĕнчех çирĕппĕн пăхăнса пымалла. Пысăк парторганизацисен—Мускаври, Ленинградри, Киеври, Минскри тата ытти парторганизацисен—пленумĕсенче çапла палăртнă: партири руководствăн чи кирлĕ принципне—коллективлăн ертсе пымалли принципа — час-часах пăснисем пулнă. Парти органĕсене суйласа лартмалли çинчен КПСС Уставĕнче кăтартса панине партин хăшпĕр организацийĕсенче пурнăçламаççĕ, парти комитечĕсен пленумĕсене пухмалли сроксене пăхăнмаççĕ, парти активĕн пухăвĕсене тăтăшах ирттермеççĕ, самокритикăна тата уйрăмах аялтан килекен критикăна сарса пымаççĕ.

Партин хăшпĕр руководителĕсем çапла шутлаççĕ: пленумсемпе парти активĕн пухăвĕсене ирттермени сиенлех мар, вĕсене пĕр вăхăтран тепĕр вăхăта куçарма та пулать, теççĕ. Çакă вăл акă мĕне пĕлтерет: партин асăннă райкомĕсем ытти партисене парти райкомĕн членĕсемпе парти активне анлăн хутшăнтармасăрах татса параççĕ, ĕçе лайăхлатас, хуçалăхпа культура строительствине лайăхрах ертсе пырас тĕлĕшпе вĕсен опычĕпе тата пĕлĕвĕсемпе усă курмаççĕ.

Коллективлăн ертсе пырас тени пур пысăк решенисене те тишкерсе пĕлнĕ хыççăн тин, пур енĕпе те тĕплĕн сӳтсе явнă хыççăн тин йышăнмаллине пĕлтерет. Руководство коллективлă пулни — парти руководствин хăватлă вăйĕ. Руководительсен опычĕ темле пысăк пулсан та, вĕсем коллектив опычĕпе тата пĕлĕвĕсемпе танлашма пултараймаççĕ. Ертсе пыракан кирек хăш органра та пысăк опытлă çынсем пур, çав опыта шута илни тĕрĕс решенисем йышăнма, тивĕçлипе ертсе пыма пулăшать.

Партин ертсе пыракан органĕсем хăйсен ларăвĕсене сахал йышпах тата кирлĕ пек хатĕрленмесĕр ирттернĕ çĕрте коллективлăн ертсе пырассине пăснисем час-часах пулаççĕ. Çапла, сăмахран, Хабаровск крайкомĕн бюро ларăвĕсене час-часах васкавлăн пухаççĕ. Бюро членĕсене материалсем вăхăтра памаççĕ, вĕсем решенисен проекчĕсемпе ларусенче тин паллашаççĕ. Çакăн пек чухне ыйтусене активлăн сӳтсе явассине кĕтме çук. Çакăн пек практика коллективлăн ертсе пыма чăрмантарать.

Чылай çĕрте ĕçĕн чи кирлĕ ыйтăвĕсем тăрăх решенисене малтан тĕпчесе пĕлмесĕрех тата партин ертсе пыракан органĕсенче коллективлăн сӳтсе явмасăрах йышăнаççĕ. Тутар АССР-ĕнчи Çĕпрел райкомĕн пĕрремĕш секретарĕ Замалетдинов юлташ çак сиенлĕ меслетсемпе ĕçлет. Вăл райком бюровĕн ларăвĕсене йĕркеллĕ ирттерме тăрăшмасть, чылай чухне принциплă ыйтусене пĕччене татса парать, бюро членĕсене тата райкомăн ытти секретарĕсене решенисемпе паллаштармасть, парти райкомĕн пĕр пленумне бюро решени йышăнмасăрах ирттернĕ, райком секретарĕсем, Замалетдинов юлташсăр пуçне, пленум çинчен лару пуçланиччен... çур сехет маларах тин пĕлнĕ.

Çакнашкал меслетпе ĕçлени парти комитечĕн членĕсен прависене, вĕсен ответлăхне чакарать, партин ертсе пыракан органĕн рольне пĕчĕклетет. Çакă вăл партин шалти демократине хытă пăсни пулать. Çав çитменлĕхсем партин хăшпĕр комитечĕсене тĕрĕс мар решенисем йышăнасси патне илсе пыраççĕ.

Коллективлăн ертсе пымалли принцип парти органĕсен руководителĕсене парти комитечĕсен членĕсемпе, парти активĕпе, коммунистсемпе канашлама, вĕсен шухăш-кăмăлне пĕлме, вĕсен асăрхаттарăвĕсемпе сĕнĕвĕсене шута илме хушать.

Руководитель тивĕçĕ критика çине парти хушнă пек пăхасси, хăйĕн ĕçне критиклесе хакласси, критикăпа самокритикăна сарса пыма пулăшасси, массăсене вĕрентесси кăна мар, вĕсенчен те пĕрмаях вĕренсе пырасси пулать. Руководительсен, вĕсем кирек мĕнле ĕçре пулсан та, критикăшăн кӳренмелле мар, хăйĕн интересне ĕç интересĕнчен, партипе государство интересĕсенчен ытла хакламалла мар. Парти работникĕ критикăна сарса пуçарса пыраканĕ пулма, критикăна тĕрĕс хаклама, усăллă асăрхаттарусене шута илме, вĕсенчен кирлĕ выводсем тума тивĕç.

Коммунистсен партийĕ хăйĕн кадрĕсене принциплă пулма, коллективлăн ертсе пырассине пăхăнма, уйрăм работниксен ирĕкне коллектив ирĕкне пăхăнтарса тăма воспитани парать. И. В. Сталин юлташ çапла кăтартса панă: коллективлăн ĕçлеме пĕлнине, уйрăм цĕлнине, уйрăм юлташсен ирĕкне коллектив ирĕкне пăхăнтарма хатĕр пулнине—шăпах çакна ĕнтĕ эпир партин чăн-чăн пултаруллă ĕçĕ тетпĕр. Çак пултарулăх пулман чухне, харпăр хăйĕн ирĕкне коллектив ирĕкне пăхăнтарма цĕлмен чухне,—çак пахалăхсемсĕр коллектив та, коллективлăн ертсе пыни те пулма пултараймасть.

Коллективлăн ертсе пымалли принципа, парти комитечĕсен пленумĕсене пухмалли, партактив пухăвĕсене ирттермелли сроксем çинчен тата партин мĕнпур организацийĕсем тăтăшах йĕркеллĕ ĕçлесе пымалли çинчен КПСС Уставĕнче кăтартса панине ĕçре çирĕппĕн пурнăçласа пырасси—парти организацийĕсен тивĕçĕ. Партин шалти демократине пĕр пăркаланмасăр пурнăçласа пыни, Коммунистсен партийĕ туса хатĕрленĕ парти руководствин принципĕсемпе парти пурнăçĕн йĕркисене пăхăнса пыни—партин пĕтĕм ĕçне малалла лайăхлатмалли, пирĕн çĕршыв коммунизм строительствин çулĕпе малалла ăнăçлăн пымалли никĕс.

(«ПРАВДА» хаçатăн июлĕн 13-мĕшĕнчи умстатьинчен).

# Пĕтĕм совет халăхĕ социализмла Тăван çĕршывăн хăватне малалла ӳстерсе пыма ывăнма пĕлмесĕр тăрăшать

## Сыхăлăха ӳстерер

СТАЛИНО, июлĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Донбасри шахтерсемпе металлургсем, машиностроительсемпе чугун çул работникĕсем партин Центральнăй Комитечĕ вăхăтра тунă ĕçсене—партипе халăхăн тăшманне, буржуалла перерожденеца Берияна тăрă шыв çине кăларнине—хĕрӳллĕн ырлаççĕ.

«Петрово-Лидиевка» шахтăри пухăва рабочисем, мастерсем, инженерсем пин çынна яхăн пынă. Вĕсем партин Сталино хула комитечĕн секретарĕ Титаренко юлташ КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă решени çинчен каласа панине пысăк тимлĕхпе итленĕ.

Трибуна çинче—хисеплĕ шахтер А. И. Майоров.

— Халăх тăшманĕ Берия сутăнчăкла ĕçсем туни çинчен пĕлсен эпир, шахтерсем, хытă тарăхрăмăр,—тесе калать Майоров юлташ.—Çĕлен-калтана пĕтерме пирĕн партин руководстви татăклă мерăсем йышăннине эпир ырлатпăр. Партипе совет халăхĕн тăшманĕсене касăру пулмĕ!

Ватă горняк юлашкинчен çапла калать:

— Эпир хамăрăн тăван Коммунистсен партийĕпе унăн Центральнăй Комитечĕ тавра тата тачăрах пĕтĕçĕпĕр!

Вăл çапла каланине пухура пулнисем алă çупса ырлаççĕ.

Горловкăри «Кочегарка» шахта—Донбасри ватă шахтăсенчен пĕри. Кунти пухура 10-мĕш участок начальникĕ Максимов юлташ сăмах тухса каланă. Вăл çакна палăртнă:

— Пирĕн вăй—халăхсен аслă туслăхĕнче, парти, правительство тата халăх тачă пĕтĕçсе тăнинче. Пирĕн туслăхпа пĕрлĕхе пăсма эпир никама та ирĕк памăпăр. Усал тăшмана, тĕнчери империализм агенчĕн преступникла ĕçĕсене пĕтерсе лартнăшăн, пирĕн шахтăри рабочисем тата инженерсемпе техниксем партин Центральнăй Комитечĕпе унăн Президиумне тав тăваççĕ.

Пухусем çаван пекех Сталинăри металлурги заводĕнче, Макеевкăри, Ждановри, Краматорскри предприятисенче пулса иртнĕ. Донбасри ĕççыннисем пурте пĕр шухăшлă пулса йышăннă резолюцисенче партин Центральнăй Комитечĕ йышăннă решение ырлаççĕ, кулленхи ĕçре ытларах тăрăшма, çапла вара социализмла Тăван çĕршыва малалла вăйлатса пыма хатĕр тăни çинчен калаççĕ.

## Партипе халăхăн пĕрлĕхĕнче—пирĕн никам çĕнтерейми вăй-хăват

Ĕнер, каçхине 5 сехетре, Шупашкарти пир-авăр комбиначĕн строительствинчи рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем пир тĕртекен корпуса пухăнчĕç. Вĕсем пурте партипе совет халăхĕн ирсĕр тăшманĕн, пĕтĕм тĕнчери империализм агенчĕн Бериян ирсĕр те сăтăрла ĕçне сивлесе ылханаççĕ.

Пухура Партин Центральнăй Комитечĕн Пленумĕн решенийĕпе СССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн постановленийĕ çинчен КПСС Шупашкар хула комитечĕн секретарĕ **Л. Михайлов** юлташ каласа пачĕ. Михайлов юлташ пирĕн çĕршыври ĕççыннисем коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн хастарлă кĕрешни, ирсĕр тăшмансем пире коммунизм строительствинче кансĕрлеме тăрăшни, совет халăхĕн ирсĕр тăшманĕ Берия Совет государствине сиенлĕс тĕлĕшпе партие тата государствăна хирĕç преступникла ĕçсем туни çинчен каларĕ. Вăл пухура пулнисене сисĕмлĕхе ӳстерсе пыма, Тăван çĕршыв чысĕпе мухтавне ӳстерессишĕн кĕрешме чĕнчĕ.

Пухура рабочисем, инженерсем, техниксем тата служащисем тухса каларĕç. Вĕсем пĕтĕм тĕнчери империализм агенчĕн Бериян ирсĕр ĕçĕсене пĕтĕм чĕререн ылханса питлеççĕ.

— Коммунистсен партийĕпе совет халăхĕн тăшманĕ Берия ирсĕр ĕçсем туса пыни пире пурне те пĕтĕм чĕререн тарăхтарчĕ, — тет штукатурсен бригадин бригадирĕ **Чернышов** юлташ.— Империализм агенчĕ Берия пирĕн халăх хăйĕн вăй-хăвачĕпе тунă телейлĕ пурнăçа пĕтерсе хума ĕмĕтленнĕ. Вăл пирĕн партин пĕрлĕхĕ çине алă çĕклеме, халăхсене пĕр-пĕринпе хирĕçтерсе яма, пирĕн çĕршывра капиталистсем пуç пулса тăмалла тума ĕмĕтленнĕ. Анчах тăшманăн шалчи тулчĕ.

Бериян ирсĕр ĕçĕнчен пирĕн тивĕçлĕ вывод тумалла. Пирĕн государство планне срокчен тултарас тесе, тăрăшса ĕçлемелле. Эпĕ ертсе пыракан штукатурсен бригади июль уйăхĕнчи плана июлĕн 20-мĕшĕ тĕлне тултарма сăмах парать.

Тăван çĕршыв тăшманĕсем çакна асра тытчăр: эпир яланах сисĕмлĕ пулăпăр, тăшмансем пире сиен тума пикенсен, вĕсене эпир яланхи пекех тĕппипе çĕмĕрсе тăкăпăр.

Унтан пулăшакан предприятисен уйрăмĕн начальникĕ **Павличенков** юлташ сăмах илет. Вăл çапла каларĕ:

— Эпир Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе шалти тата çĕршыв тулашĕнчи тăшмансене яланах ăнăçлă çĕнтерсе пынă. Пирĕн вăй—рабочисемпе хресченсем, çĕршыври халăхсем туслă пулнинче. Пирĕн вăй—парти ăслă ертсе пынинче.

Пĕтĕм тĕнчери империализм агенчĕ, партипе совет халăхĕн тискер тăшманĕ Берия партин пĕрлĕхне аркатма, халăхсен телейне пĕтерсе хума ĕмĕтленнĕ. Эпир, пир-авăр комбиначĕн строителĕсем, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ Бериян ирсĕр ĕçĕсене вăхăтра тăрă шыв çине кăларнине, ăна, партипе халăх тăшманне, партирен кăларнине, СССР Верховнăй Совет Президиумĕ ирсĕр тăшман ĕçне пăхса тухма суда памалла тунине тулли кăмăлпа ырлатпăр.

Эпĕ пĕтĕм коллектива Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви тавра тата та тачăрах пĕтĕçме, Совет государствин вăй-хăватне ӳстерме тăрăшса ĕçлеме чĕнетĕп.

— Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви пире телейлĕ те савăнăçлă пурнăç туса пачĕç,—тет пир-авăр комбиначĕн строительствинчи экономист **Воропаева** юлташ.— Эпир ыранхи пурнăç пирки иккĕленместпĕр. Эпир пирĕн ачасен пурнăçĕ телейлĕрех пуласси ĕненсе тăратпăр. Эпир Тăван çĕршыв вăй-хăвачĕ ытларах ӳстĕр, пирĕн пурнăç тата та лайăхлантăр тесе ĕç тухăçлăхне ӳстерсе пыратпăр.

Империализм агенчĕ Берия пирĕн çĕршывра капитализм пуç пулса тăмалла тума, халăхсен туслăхне аркатма, пирĕн ачасен телейне пĕтерсе хума ĕмĕтленнĕ. Бериян преступникла ĕçĕсене Коммунистсен партийĕ вăхăтра çапса аркатрĕ.

Коммунистсен партийĕн вăйĕ—вăл халăхпа куллен çыхăну тытнинче. Эпир, совет çыннисем, хамăрăн тăван партие пĕтĕм чĕререн юрататпăр. Парти пире пур ĕçре те хавхалантарса пырать.

Эпир, совет çыннисем, Тăван çĕршыв тăшманĕсене çапла асăрхаттарса калатпăр: пирĕн аслă Советлă çĕршыв çине алăрсене ан çĕклĕр! Эпир Коммунистсен партийĕпе Совет правительствине революциллĕ сисĕмлĕхе ӳстерме, партин XIX-мĕш съезчĕн историллĕ решенийĕсене тулли кăмăлпа пурнăçлама сăмах паратпăр.

Пухура çаван пекех каменщиксен бригадин бригадирĕ **Степанов,** слесарь-монтажник **Осипов,** слесарь **Ванюшин,** главнăй инженер **Чепурин** юлташсем тухса каларĕç.

Пуху КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕн постановленине тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕн постановленине пĕтĕмпех ырласа решени йышăнчĕ.

## Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Указĕ

### Чăваш АССР Верховнăй Советне пухасси çинчен

Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн тăватмĕш сессине, малтан палăртнă пек 1953 çулхи июлĕн 14-мĕшĕнче мар, çак çулхи августăн 27-мĕшĕнче, Шупашкар хулинче пухмалла тăвас.

Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ
**З. АНДРЕЕВА.**

Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕшĕн
**Д. МИТЬКОВ.**

Шупашкар хули,
1953 çулхи июлĕн 13-мĕшĕ.

## Ĕçри хастарлăх

УЛАТĂР. Пăравуссем юсакан заводра Чугун çул работникĕсен кунне ĕçри çĕнĕ çитĕнӳсемпе кĕтсе илессишĕн социализмла ăмăрту куллен вăйланса пырать. Рабочисем, инженерсемпе техниксем вăя шеллемесĕр ĕçленине пула завод продукци туса кăлармалли июнь уйăхĕнчи плана иртерсе тултарчĕ. Цехсем хушшинчи ăмăртура уйрăмах пăравуссене юсама хатĕрлекен цех коллективĕ паха тĕслĕхсем кăтартать. Вăл кивĕ пăравуссене хăвăрт пайăн-пайăн уйăрса сӳтет, ытти цехсене тухăçлă ĕçлеме паха май туса парать.

...Пăравус хуранĕсене юсакан анлă та çутă цех. Кунта кунĕн-çĕрĕн хĕрӳллĕ ĕç вĕресе тăрать. Хуран юсакансем, токарьсем, слесарьсем тата ытти рабочисем те ĕç тухăçлăхне ӳстерессишĕн, материалсене перекетлессишĕн, хурансене пысăк пахалăхпа юсассишĕн ăмăртаççĕ. Н. Миронов, Н. Лазарев токарьсем ĕç нормине тăтăшах иртерсе тултараççĕ, паха детальсем туса кăлараççĕ. Вĕсем пиллĕкмĕш пилĕк çуллăхри нормăна тултарнă та ĕнтĕ. Паллă промывальщик В. Самойлов юлташ та 1956-мĕш çул шучĕпе ĕçлет.

Цехра комсомолецсемпе çамрăксен бригадисем пур. Вĕсем хушшинче ĕçре çĕнĕрен те çĕнĕ çитĕнӳсем тăвассишĕн вăйлă кĕрешӳ пырать. Çак кунсенче ăмăрту итогĕсене пăхса тухрĕç. Бычонковпа Рощин юлташсем ертсе пыракан бригадăсем уйăхри задание 188-шар процент тултарнине палăртрĕç. И. Туклин, В. Шишкин комсомолецсем, союзра тăман çамрăксем С. Яшин, Ф. Яклутов юлташсем пĕрмаях тухăçлă ĕçлеççĕ. Цехри комсомол организаци секретарĕ И. Алешин юлташ ертсе пыракан котельщиксен бригади те яланах ĕçре паха тĕслĕхсем кăтартать.

Цехри рабочисенчен çурри ытла 3—5 çулхи нормăна тултарнă. Коллективăн творчествăлла активлăхĕ ӳссе пынипе цех иртнĕ уйăхра планран иртерсе икĕ хуран юсанă.

Пăравус кустăрмисене юсакан цех планран иртерсе 23 мăшăр кустăрма юсанă, тимĕрçĕ цехĕ планран иртерсе чылай рессор, тĕрлĕ детальсем туса кăларнă.

Çур çул хушшинче заводри 65 стахановец çулталăкри нормăна тултарнă. Икĕ çул çурă хушшинче 300 рабочи ытла виçтăват çулхи нормăна е ытларах та пурнăçланă.

**Б. ЮДИН.**

# СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Указĕ

## СССР Верховнăй Советне пухасси çинчен

СССР Верховнăй Совет Президиумĕ çапла йышăнать:

Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессине 1953 çулхи июлĕн 28-мĕшĕнче, Мускав хулинче пухас.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ
**К. ВОРОШИЛОВ.**

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ
**Н. ПЕГОВ.**

Мускав, Кремль. 1953 çулхи июлĕн 14-мĕшĕ.

Республикăри хуласемпе район центрĕсенче

# ВĂРМАР

Совет влаçĕ Вăрмарти ĕççыннисен пурнăçне тĕпренех улăштарчĕ. Ĕлĕкхи асаплăх, чухăнлăх тĕп пулчĕ. Совет саманинче халăхсем телейлĕ те савăнăçлă пурнăç тупрĕç.

Вăрмар çултан-çул ӳссе пырать. Ĕлĕкхи пĕчĕк фабрика вырăнĕнче халĕ пысăк, кăткăс оборудованипе пуянланнă сĕтел-пукан тăвакан фабрика аякранах курăнса ларать. Кунта тăвакан сĕтел-пукансене, шкафсемпе дивансене хамăр республикăра та, çĕршыври ытти хуласенче те сутаççĕ. Пур çĕрте те продукци пахалăхне ырлаççĕ.

Юлашки çулсенче фабрика çĕнĕ оборудованипе пуянланчĕ: котельнăйра тепĕр пăс хуранĕ лартнă, хăма çуракан цехра горизонталлĕ рама ĕçлеме пуçларĕ. Кăçал нумай лаша вăйлĕ пăс машинипе генератора ĕçе яраççĕ, вара фабрика электростанцийĕ Вăрмар поселокне те çутă пама тытăнать.

Фабрика ĕçлеме пуçлани 50 çул тултарнă кун çывхарса килнĕ май цехсенче ăмăрту анлăн сарăлса кайрĕ. Паллă стахановецсем И. Николаев, В. Иванова, П. Ларионова, С. Елизарова, Т. Петров, Н. Авксентьев юлташсем хăйсен сменăри нормине 150—200 процент тултараççĕ. Вĕсемпе ăмăртакан ытти рабочисем те ĕç тухăçлăхне ӳстереççĕ, чĕртаварсемпе материалсем перекетлеççĕ.

Вăрçăчченхи 1940 çулхипе танлаштарсан, фабрика халĕ тăватă хут ытларах продукци туса кăларать.

Фабрикăри рабочисемпе служащисен пурнăç условисене лайăхлатас енĕпе те пысăк ĕçсем тунă. Кунта нумай хваттерлĕ пысăк çуртсем вуншарăн шутланаççĕ. Пушă вăхăта усăллă ирттерме клуб, хĕрлĕ кĕтес пур, библиотекăра пин кĕнеке ытла. Фабрикăра ача ясли, фельдшер пункчĕ ĕçлеççĕ.

Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра Вăрмарта тата тепĕр пысăк предприяти ĕçлеме пуçларĕ. Вăл—чул кăларакан механизациленĕ карьер. Кунта кăларса хатĕрленĕ чула хамăр республикăри çулсене тума тата пысăк стройкăсене ăсатаççĕ.

Юлашки çулсенче вырăнти промышленность предприятийĕсем те чылай пысăк утăмсем тунă. Осипенко ячĕпе тăракан çĕвĕ çĕлекен артель нумай çул хушши кăтартуллăн ĕçлет. Вăрçă хыççăнхи 1946 çулпа танлаштарсан, кăçал коллектив виçĕ хут ытларах продукци туса кăларать.

«Универсал» промартельпе промышленность комбиначĕ те ĕççыннисене куллен кирлĕ таварсем ытларах та ытларах туса кăларма тăрăшаççĕ. Промартель строительство материалĕсем—кирпĕч тума, известь çунтарма тытăнчĕ.

МТС поселокăн хĕвеланăç енче вырнаçнă. Унăн территорийĕнче темиçе тĕрлĕ машинăсем курма пулать. Акă, кăçал илсе килнĕ самоходнăй комбайнсем йĕркипе лараççĕ, вĕсем çумĕнче—халĕ кăна юсанисем. Молотилкăсемпе жаткăсене колхозсен уй-хирĕсене илсе кайма хатĕрлесе çитернĕ.

Инкубатор станцийĕ колхозсене кайăк-кĕшĕк ĕрчетме пулăшать. Кăçал кăна вăл Вăрмар, Тăвай, Октябрьски районĕсенчи колхозсене 70 пин пуç ытла кайăк-кĕшĕк чĕпписем сутнă.

Поселокра икĕ вăтам шкул, икĕ клуб, икĕ библиотека пур. Халĕ 300 çын вырнаçмалăх çĕнĕ клуб туса пĕтереççĕ.

Кунта суту-илӳ организацийĕсем те нумай, магазинсемпе лавккасем, ларексемпе палаткăсем çирĕме яхăн шутланаççĕ. Райпотребсоюз кăçалхи çур çулти ваккăн сутмалли тавар çаврăнăш планне 105 процент тултарчĕ.

Вăрмарта çуллен çĕнĕ çуртсем, çĕнĕ урамсем хутшăнаççĕ. Вăрçă хыççăнхи çулсенче кăна пурăнмалли хваттерсен лаптăкĕшĕ икĕ пин тăваткал метр ӳснĕ.

Поселок çултан-çул ӳсет. Телейлĕ те савăнăçлă пурнăç туса панăшăн Вăрмарти ĕççыннисем Коммунистсен партине, Совет правительствине чун-чĕререн тав тăваççĕ, ĕçре татах та пысăк ӳсĕмсем тăвассишĕн кĕрешеççĕ.

**И. ВОЛКОВ,**
Райсовет исполкомĕн председателĕн заместителĕ.



ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Вăрмар поселокĕнчи вăтам шкул çурчĕ (сулахайри); пăравус бригадисем канмалли çурт.
Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕсем.

# Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçер!

### (ВЛКСМ обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн Шупашкар хулинчи тата республикăри комсомол активĕпе пĕрле ирттернĕ пленумĕнчен)

Июлĕн 13-мĕшĕнче ВЛКСМ Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн Шупашкар хулинчи тата республикăри комсомол активĕпе пĕрле пухăннă пĕрлешÿллĕ пленумĕ пулса иртрĕ.

КПСС Чăваш обкомĕн секретарĕ Ахазов юлташ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитет Пленумĕн ĕçĕсем çинчен доклад туса пачĕ, КПСС Центральнăй Комитечĕ йышăннă постановленипе паллаштарчĕ.

Çамрăксен представителĕсем доклада пысăк тимлĕхпе итлеççĕ. Пурте пĕр шухăш-кăмăллă пулса, вĕсем сутăнчăк Берияна партипе халăха хирĕçле сĕмсĕр ĕçĕсене чĕререн сивлеççĕ.

Совет çамрăкĕсем çакна аван пĕлсе тăраççĕ: И. В. Сталин юлташ вилнĕ хыççăн Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ çĕршывăн пĕтĕм пурнăçне тĕрĕс ертсе пычĕ, Тăван çĕршывăн экономикăпа оборона вăй-хăватне çирĕплетрĕ, халăх хуçалăхне аталантарса пычĕ, совет çыннисен пурнăçне малалла лайăхлатрĕ, Тăван çĕршывăн пĕтĕм тĕнчери лару-тăрăмне тата авторитетне ÿстерчĕ. Пленум КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă решенисем партипе совет халăхĕшĕн пысăк пĕлтерĕшлĕ пулнине палăртрĕ. Тухса калакан юлташсем Тăван çĕршыв интересĕсене сутнă ирсĕр тăшманăн Берияна преступникла ĕçĕсене пĕтерсе лартас тĕлĕшпе КПСС Центральнăй Комитечĕн Президиумĕ вăхăтра йышăннă татăклă мерăсене пĕр шухăш-кăмăллă пулса чун-чĕререн ырларĕç.

ВЛКСМ Шупашкар хула комитечĕн секретарĕ **Щепелева** юлташ сăмах илет. Вăл хулари комсомолецсемпе çамрăксен паянхи шухăш-кăмăлĕ çинчен каласа парать:

— Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ вăхăтра тата татăклă мерăсем йышăннипе Берияна партие тата государствăна хирĕçле преступникла ĕçĕсене тăрă шыв çине кăларнине, пĕтĕм ĕçсыннисем пекех, мĕнпур совет çамрăкĕсем чĕререн ырлаççĕ. Берияна преступникла авантюрине пĕтерсе лартни çакна кăтартса парать: ют çĕршывсенчи империалистсен кирек мĕнле планĕсем те пирĕн юратнă партипе правительствăн, совет халăхĕн никам аркатайми хăватлă пĕрлĕхĕ çине çапăнса арканнă, малашне те арканса пырĕç. Эпир, Шупашкар хулинчи çамрăксем, мĕнпур совет халăхĕ пекех, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçĕпĕр! Эпир Тăван çĕршывра коммунизм туса çитерессишĕн, XIX-мĕш съезд йышăнăвĕсене чыслăн пурнăçлассишĕн мĕнпур вăя хурса кĕрешĕпĕр!

Трибуна çинче—Ишлей районĕнчи «Сталинская гвардия» колхозри комсомол комитет секретарĕн заместителĕ **Константинов** юлташ.

— Ылханлă тăшмана,—тет вăл,—пĕтĕм тĕнчери империализм агентне Берияна партирен кăларасси çинчен партин Центральнăй Комитечĕн пленумĕ йышăннă постановление тата ăна суда парасси çинчен Верховнăй Совет Президиумĕ йышăннă постановление Ишлей районĕнчи çамрăксем мĕнпур кăмăлтан ырлаççĕ. Халăх тăшманĕ Берия пирĕн социализмла ялхуçалăхĕ хăватлăн аталанса пынине чарма хăтланнă, пирĕн телейлĕхе сутса яма ĕмĕтленнĕ. Анчах ирсĕр тăшманăн авантюристла ĕçĕ путланса ларчĕ. Вăл çапла пулмалла та. Совет çыннисем тăван партипе правительствăна чун-чĕререн парăнса ĕçлеççĕ. Мана колхоз çамрăкĕсем çакăн çинчен шантарса калама хушрĕç: КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă постановлени çине ответлесе, пирĕн колхоз çамрăкĕсем тырпула пĕр тăкаламасăр пухса кĕртме хатĕрленес ĕçре хăйсен вăйхăватне темиçе хут ÿстерчĕç. Комсомолецсемпе çамрăксен вăйĕпе 5 жнейка, 6 молотилка юсаса çитертĕмĕр, 28 урапа юсаса лартрăмăр. Тырпул пухса кĕртнипе пĕр вăхăтрах государствăна тыră памалла тăвас тесе, çамрăксенчен транспорт бригадине йĕркелерĕмĕр. Бригадăна чи активлă комсомолецсене кĕртрĕмĕр. Артель членĕсем кĕрхи тырăсене 7 кун хушшинче вырса кĕртме, çурхи тырăсене икĕ эрне хушшинче пухса кĕртме, государствăна тыră памалли плана сентябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне тултарма сăмах пачĕç.

Республикăри милици управленийĕнчи комсомол организацийĕн представителĕ **Степанов** юлташ çамрăксем хушшинчи сыхăлăха ÿстерсе пыма кирли çинчен калать.

— Карьерист тата буржуалла перерожденец, империализм агенчĕ Берия партие аркатса тăкас тĕллевпе партие тата çĕршыв руководствине хăйĕн аллине тытса илме ĕмĕтленнĕ,—тет Степанов юлташ,—партин нумай çулсенчи туса хатĕрленĕ политики вырăнне капитализма каялла тавăрмалли политика туса хума шутланă. Ун пек нихçан та пулаймĕ! Эпир яланах парти руководстви çине шанса ĕçлĕпĕр, совет çыннисене коммунизм тăвас ĕçре чун-чĕререн пулăшса пырăпăр. Марксизм-ленинизм теорине тăрăшса вĕренсе, революцилле сыхăлăха ÿстерсе пырăпăр.

Канаш районĕнчен килнĕ представитель **Николаев** юлташ та КПСС Центральнăй Комитечĕн Президиумĕпе Пленумĕ йышăннă решенисене ырлать, районти колхоз çамрăкĕсем ĕç тухăçлăхĕпе пахалăхне ÿстерни çинчен калать. Колхоз çамрăкĕсем выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне ÿстерессишĕн тăрăшса ĕçлеççĕ, тырпул пухса кĕртме тимлĕн хатĕрленеççĕ. Доронин ячĕпе, Микоян ячĕпе тăракан, «Красная Армия» тата ытти нумай колхозсенчи комсомолецсемпе çамрăксем силос хывас, ытти тĕрлĕ выльăх апачĕ хатĕрлес тĕлĕшпе хастарлă ĕçлеççĕ. Сталин ячĕпе тăракан, «Канаш», «Коммунар» колхозсенчи çамрăксем выльăх витисем тăвас ĕçре пысăк ÿсĕмсем турĕç. Нумай колхозсенче çамрăксен бригадисем государствăна тыră пама хатĕрленсе çитнĕ.

— Авантюрист Берия,—тет Шупашкарти электроаппаратура заводĕнчи слесарь-сборщик **Старостин** юлташ,—чи таса ĕç çине—совет халăхĕн туслăхĕ, пирĕн партин нумай çулсем хушшинчи ĕçĕсемпе туса хунă туслăх çине алă хума пăхнă. Халăхсен туслăхне никам та, нихçан та пăсаймĕ! Пирĕн çĕршыври халăхсем Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви тавра тачă пĕтĕçсе тăраççĕ, парти политикине чĕререн ырлаççĕ.

Пирĕн завод коллективĕ Берияна партие тата государствăна хирĕçле преступникла ĕçĕсене пĕтерсе лартас тĕлĕшпе партин Центральнăй Комитечĕн Президиумĕ йышăннă вăхăтлă та татăклă мерăсене тата Берияна преступникла ĕçĕсем çинчен пăхса тухма СССР Верховнăй Судне памалли çинчен СССР Верховнăй Совет Президиумĕ йышăннă постановлене чун-чĕререн ырлать, тăшмана тивĕçлипе айăпласса шанса тăрать.

ВЛКСМ обкомĕн секретарĕ **Иванов** юлташ, КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă постановление ырласа, комсомол организацийĕсем хăйсен ĕçĕсене Коммунистсен партийĕпе унăн Центральнăй Комитечĕ тавра, Совет правительстви тавра тачăрах пĕтĕçтерни çинчен пĕлтерет, парти политикине пурнăçлассишĕн малашне те ырми-канми кĕрешме чĕнет, комсомол организацийĕсене КПСС Уставĕ панă правăпа туллинрех усă курма сĕнет.

Канашри учительсем хатĕрлекен институтри комсомол комитечĕн секретарĕ **Вырастайкин** юлташ авантюрист Берияна совет çыннисене хирĕçле, преступникла ĕçĕсене совет студенчĕсем çав тери хытăн сивлени çинчен калать. Пирĕн телейлĕхе, тет вăл, нимĕнле бериясем те тýртса илеймĕç. Совет обществи хăватлăн малалла аталанса пынине чарса лартма пултаракан вăйсем тĕнчере çук!

Сĕнтĕрвăрринчи судоверфьри çамрăк техник-судостроитель **Миронов** тата педагогика институтĕнчи çамрăк ассистент **Говш** юлташсем каланине пленумра пулнисем пысăк тимлĕхпе итлерĕç.

— Ирсĕр те ултавлă майсемпе усă курса,—тет Говш юлташ,—буржуазие сутăннă Берия власа хăйĕн аллине илме шутланă, пирĕн вăй-хăвата хавшатасшăн пулнă. Пирĕн халăх партипе правительствăна чĕререн парăннă, вăл тăшманăн темĕнле чеелĕхне те тăрă шыв çине кăларать. Эпир, наука çыннисем, пĕтĕм совет халăхĕпе пĕрле, Тăван çĕршыв ырлăхĕшĕн тата тăрăшарах ĕçлĕпĕр, Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçĕпĕр!

Пренире çавăн пекех ВЛКСМ обкомĕн секретарĕ **Кудряшов**, Октябрьски районĕнчи Винокуров ячĕпе тăракан колхозри çамрăксен представителĕ **Петров**, ВЛКСМ Куславкка райкомĕн секретарĕ **Николаев** тата ытти юлташсем—пурĕ 14 çын тухса каларĕ.

Комсомол Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн пленумĕ, пĕр шухăш-кăмăллă пулса, КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕн постановленине ырларĕ тата ăна пĕр пăркаланмасăр пурнăçласа пыма йышăнчĕ.

Пленум республикăри комсомол организацийĕн ĕçне лайăхлатмалли майсене палăртрĕ.

## Пропагандистсен курсĕ вĕçленчĕ

КПСС Чăваш обкомĕ çумĕнче йĕркеленĕ пропагандистсен пĕр уйăхлăх курсĕ вĕçленчĕ. Курсран КПСС историне вĕренмелли кружоксен, диалектикăлла тата историллĕ материализм, политикăлла экономи наукисене вĕренмелли кружоксен руководителĕсем, каçхи партшкулсен преподавателĕсем тата пропагандистсен семинарĕсен руководителĕсем—пурĕ 360 çын вĕренсе тухрĕ.

Курсра вĕренекенсене КПСС историйĕпе теорийĕн ыйтăвĕсем тăрăх, диалектикăлла тата историллĕ материализм, политикăлла экономи ыйтăвĕсем тăрăх, çавăн пекех пропагандистсен семинарĕсене ирттересси çинчен лекцисем вуласа панă. Ку ыйтусем тăрăх пропагандистсемпе семинарсем те ирттернĕ.

Курссенче преподавательсем пулса партипе совет ĕçĕнчи ертсе пыракан работниксем, парти обкомĕн лекторĕсем, аслă шкулсенчи преподавательсем ĕçленĕ.

Курсра вĕренекен пропагандистсемпе канашлусем те ирттернĕ.

Пропагандистсем пир-авăр комбинатне тунă çĕрте, электроаппаратура заводĕнче, типографире, краеведени музейĕнче экскурсире пулчĕç.

Пропагандистсене КПСС обкомĕн секретарĕ Ахазов юлташ партин Центральнăй Комитечĕн пленумĕ «Берия партие тата государствăна хирĕç тунă преступникла ĕçсем çинчен» йышăннă постановлени çинчен тата хуçалăхпа культура строительстви тĕлĕшпе облаçри парторганизаци умĕнче тăракан задачăсем çинчен доклад туса пачĕ. Çавăн пекех пропагандистсем парти обкомĕн секретарĕ Ислюков юлташ «Пропаганда ĕçĕ мĕнле пулса пыни тата вăл ĕçе лайăхлатмалли майсем çинчен» тунă доклада итлерĕç.



Свердловск чугун çулĕ. Партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене пурнăçласа, чугун çул работникĕсем йывăр тиенĕ поездсене хăвăрт илсе çÿрессишĕн социализмла ăмăртса ĕçлеççĕ. Вĕсем йывăр тиенĕ çĕршер состав илсе çÿреççĕ, планран иртерсе пиншер тонна груз турттараççĕ.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: йывăр тиенĕ состав Свердловск—Дружинино участокра.

А. ГРАХОВ фотоÿкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

## Кино кăтартас ĕçре мала тухнăшăн

Çак кунсенче Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăваш Облпрофсовет президиумĕ республикăра халăха кино кăтартас ыйтăва сÿтсе явнă.

1953 çулти иккĕмĕш кварталта халăха кино кăтартас тĕлĕшпе пынă социализмла ăмăртура Улатăр районĕнчи культура пайĕ (райсовет исполкомĕн председателĕ О. Русина юлташ) мала тухнă. Районти культура пайĕ халăха кино кăтартас плана картинăсем енĕпе 110,9 процент, куракансем енĕпе 131 процент, укçа-тенкĕ пухас енĕпе 115,2 процент тултарнă. Кашни ялтах халăха уйăхра икĕ хутчен кино кăтартнă, аппаратурăна пĕр тикĕс ĕçлеттернĕ, ĕçре пулакан расходсене чакарнă.

Çакăншăн Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăваш Облпрофсоветăн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне Улатăр районĕнчи культура пайне иккĕмĕш хут памалла тунă.

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăваш Облпрофсовет президиумĕ Чăваш АССР Культура министерствине, Улатăр районĕнчи кино кăтартас тĕлĕшпе тунă паха çитĕнÿсене пĕтĕçтерсе, вĕсемпе республикăри ытти районсенче те анлăн усă курма хушнă.

1953 çулти иккĕмĕш кварталта халăха кино кăтартас тĕлĕшпе çак районсем япăх ĕçленĕ: Советски районĕ (райсовет исполкомĕн председателĕ М. Гринев юлташ), Йĕпреç районĕ (райсовет исполкомĕн председателĕ П. Васильков юлташ), Елчĕк районĕ (райсовет исполкомĕн председателĕ А. Степанов юлташ), Хĕрлĕ Чутай районĕ (райсовет исполкомĕн председателĕ И. Осипов юлташ), Элĕк районĕ (райсовет исполкомĕн председателĕ В. Ярдухин юлташ), Куславкка районĕ (райсовет исполкомĕн председателĕ Н. Смыков юлташ).

### Халăх судьин отчечĕ

СОВЕТСКИ. Çак кунсенче районти халăх судьи Толстов юлташ «За коммунизм» колхозри суйлавçăсем умĕнче отчет туса пачĕ.

Доклад хыççăн вырăнти пултарулăх коллективĕ концерт пачĕ.

В. МИХАЙЛОВ.

*Хаçатсем çинчен вулакансем мĕн калаççĕ*

## Хаçата редакци сотрудникĕсен статьисемпе тултараççĕ

Кăçалхи апрель уйăхĕнче КПСС Етĕрне райкомĕн пленумĕ районти «Коммунист» хаçатăн ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе ятарласа решени йышăнчĕ. Пленум пулнăранпа виçĕ уйăх иртрĕ пулин те, хаçат редакцийĕ ĕçре пысăк улшăну тăваймарĕ-ха. Вăл район пурнăçне çиелтен те тĕксĕммĕн çутатать. Апрелĕн 16-мĕшĕнче тухнă номерте Чăваш республикинчи колхозниксен, колхозницăсен, МТС-сенче ĕçлекенсен тата ялхуçалăх специалисчĕсен социализмла обязательствисем пичетленчĕç. Унтанпа 21 номер тухнă. Вĕсенче ялхуçалăх ыйтăвĕсемпе 9 умстатья пичетленнĕ. Анчах социализмла обязательствăсене районти колхозсем мĕнле пурнăçласа пыни çинчен хаçат пĕр сăмах та çырмасть.

Ялхуçалăх ыйтăвĕсене хаçат çиелтен шăйăрттарса çеç çутатать. Халĕ колхозсем тырпула пăхса çитĕнтерес, вĕсене пухса кĕртме хатĕрленес енĕпе ĕçлеççĕ. Çураки вăхăтĕнче хаçат малта пыракан пĕр колхоз, бригада, тракторист ĕç опычĕпе те паллаштармарĕ. Халĕ те çавах. Тырпула пăхса çитĕнтерес, вĕсене пухса кĕртме хатĕрленес ĕçе лайăх йĕркеленĕ колхозсен, бригадăсен опытне вăл тарăнăн та тĕплĕн çутатса памасть. Районта лайăх ĕçлекен фермăсем те пур. Хаçат вĕсен ĕçĕсемпе паллаштармасть. Ялхуçалăх ыйтăвĕсемпе кĕске информацисем çеç пичетлет.

Хаçат парти пурнăçне те начар çутатать. Пленум хыççăн «Парти пурнăçĕ» ятлă пайра мĕн пурĕ те (райком пленумĕсемпе парти активĕн пухăвĕсем çинчен çырнисене шутламасан) 5 пĕчĕк заметка тата «Колхозри парти организацийĕсен ĕçне сÿлĕ пусăма» ятлă умстатья кăна пичетленнĕ. Районта лайăх ĕçлекен парторганизацисем çук мар. Анчах хаçат вĕсен ĕç планĕсемпе, коммунистсен производствăри авангардлă ролĕпе пачах паллаштармасть, пĕр пуçламăш парторганизацин ĕç опытне те курма çук. Хаçата пуçламăш парторганизаци секретарĕсем, пропагандистсем, агитаторсемпе стена хаçат редакторĕсем çырмаççĕ.

Совет строительстви ыйтăвне хаçат пачах маннă тесен те йăнăш пулмасть. Пĕр депутатăн, яланхи комисси председателĕн статьине те курма çук. Чăн та финанс планне тултарас ыйтупа хаçат сайра хутра çыркалать, анчах çак енĕпе те малта пыракансен опытне çутатни çук. Июнĕн 11-мĕшĕнче тухнă номерти «Иккĕмĕш кварталти финанс планне вăхăтра тултармалла» ятлă умстатьяра Стрелецки ял Совечĕ кварталти плана 418,4 процент тултарни çинчен çырнă. 418,4 процент! Мĕншĕн-ха хаçатăн плана çакăн пек тултарма пултарни çинчен тĕплĕрех çырас мар! Тĕплĕ çырнă, опыта тарăнрах илсе кăтартнă пулсан ял Совечĕсемпĕн, финанс органĕсенче ĕçлекенсемшĕн питех те усăллă пулнă пулĕччĕ. Хаçат апла тумасть.

Стрелецки ял Совечĕ районта кăна мар, республикăра та малта пыракан ял Совечĕсенчен пĕри шутланать. Кашни квартал тах Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне илет. Районти хаçатăн çак ял Совечĕн депутачĕсен, яланхи комисси председателĕсен çырăвĕсене мĕншĕн пичетлес мар-ха?

Иртнĕ виçĕ уйăх хушшинче профсоюз организацийĕсен ĕçĕсем çинчен хаçат пĕр сăмах та çырмарĕ.

Юлашки вăхăтра хаçат страницисем çинче критикăлла корреспонденцисем чылай пичетленчĕç. Ку хаçатăн лайăх енĕ пулать ĕнтĕ. Анчах хаçат пичетленсе тухнă материалсен витĕмлĕхĕшĕн тăрăшмасть. Критикăлла статьясем тăрăх мĕнле мерăсем йышăнни çинчен вăл вулакансене сайра хутра çеç пĕлтерсе тăрать.

Хаçатра ытлашши мухтаса е ытлашши хурласа çырнă тĕслĕхсем те пулаççĕ. Акă, июнĕн 28-мĕшĕнче тухнă номерти «Çĕнĕ вĕренÿ çулне вăхăтра хатĕрленмелле» ятлă умстатьяра: «Ирçери, Пушнарти, Яракассинчи шкулсенче вĕренÿ çулне хатĕрленес тĕлĕшпе нимĕн те туман»,—тесе çырнă. Тĕрĕссипе илсен, хаçат тухнă кун тĕлне Пушнарти çичĕ çул вĕренмелли шкул 140 кубометр вутă, 15 кубометр строительство материалĕ хатĕрленĕ, шкул çуртне юсама кирлĕ чухлĕ кирпĕч, пăта, цемент, хăма, пурă тата ытти строительство материалĕсене кÿрсе килнĕ, вĕренÿре кирлĕ япаласене туяннă.

Майăн 31-мĕшĕнче тухнă номерти «Сĕртме сухине вăхăтра тата пысăк пахалăхпа туса хăварар» ятлă умстатьяра «Районти малта пыракан колхозсем сĕртме сухине агротехникăлла чи лайăх сроксенче туса хăварассишĕн пĕтĕм вăя хурса тăрăшаççĕ. Буденный ячĕпе, Маленков ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕсем т. ыт. те сĕртме сухине çулсеренех вăхăтра тăваççĕ»,—тесе çырнă. Çав номертех, умстатьяпа юнашарах, В. Матвеев статьинче вара: «Малта пыракан колхозсен руководителĕсем те трактор агрегачĕсене ĕçлеме чарса тăраççĕ. Маленков ячĕпе (сĕртме сухине çулсеренех вăхăтра тăвакансккер), Ленин ячĕпе тăракан колхозсен председателĕсем малтан сĕртме тумалли уйсене тислĕк кăларса салатмалла тесе ăнлантараççĕ»,—тесе çырать хаçат. Умстатьяра хаçат Маленков ячĕпе тăракан колхоза мухтать, унпа юнашар вырнаçтарнă корреспонденцирех (çав ыйтупах тата) хурласа пăрахать. Хăшне ĕненмелле-ха? Кун пек тĕслĕхсене районти хаçат страницисем çинче час-часах курма пулать.

Мĕншĕн-ха районта тухса тăракан хаçат район пурнăçне çителĕклĕ çутатса пыраймасть? Хаçат редакцийĕ (редакторĕ Ф. Петров юлташ) райком пленумĕ хаçат ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе йышăннă решение пурнăçлама тивĕçлĕ ĕçсем туман. Хаçатăн, малтанхи пекех, авторсен активĕ çук. Унăн редакцийĕ парти, комсомол, совет, профсоюз активĕсене, малта пыракан колхозниксене хаçат ĕçне сахал хутшăнтарать. Хаçата кунта редакци сотрудникĕсен вăйĕпе çеç тума тăрăшаççĕ. Уйрăм номерсене илсе пăхар-ха. Майăн 24-мĕшĕнче тухнă номерте хаçат калăпăшĕн çуррине ытла редакци сотрудникĕсен материалĕсемпе тултарнă. Вырăнсенчи авторсем валли лăп та шăп пĕр колонка ытларах çеç вырăн хăварнă.

Хаçат юлашки вăхăтра рейд материалĕсене ытларах пичетлеме пуçларĕ. Ырламалла ĕнтĕ ку ĕçе. Анчах камсем хутшăнаççĕ-ха редакци ирттерекен рейд бригадине? Каллех редакци сотрудникĕсемех. Майăн 28-мĕшĕнче «Ĕççыннисен йăла ыйтăвĕсене лайăх та туллин тивĕçтермелле» ятлă çыру пичетленнĕ. Çыру виçĕ колонка йышăнать. Рейд бригадинче Ф. Петров, Г. Мытиков, Я. Сорокин. Ытти рейд материалĕсем айĕнче те вĕсен ячĕсемех тăраççĕ. Рейдсем ирттерни хаçат ĕçне çĕнĕ авторсем хутшăнтармалли лайăх май пулса тăнине кунта халĕ те ăнланмаççĕ-ха.

Хăйсен материалĕсене пичетлес енĕпе редакцинче ĕçлекенсем пичет работникне тивĕçлĕ мар майсемпе те усă кураççĕ. Ку тĕлĕшпе хаçат редакторĕ Ф. Петров юлташ хăй малта тăрать. Пĕр номертех вăл Ф. Петров, П. Федоров тесе те çырать. Каллех майăн 28-мĕшĕнче тухнă номере илер-ха. Рейд бригадин материалĕнче чи малтан Петров юлташ хăйĕн ятне çырса хунă. Унпа юнашар «Пĕр начальникăн тĕлĕнтермĕшĕсем» ятлă корреспонденци айне редактор П. Федоров тесе çырать. Çакăн пек тĕслĕхех июнĕн 18-мĕшĕнче тухнă номерте те курма пулать. Пире çакă тĕлĕнтерет: мĕншĕн-ха хаçат редакторĕ хăйĕн тĕрĕс хушаматне вулакансене пĕлтерме именет?

Район пурнăçне çителĕксĕр çутатнин иккĕмĕш сăлтавĕ—КПСС райкомĕ хăйĕн хаçачĕн пахалăхĕпе интересленменнинче. Пленум «Коммунист» хаçатăн ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе лайăх решениех йышăнчĕ. Анчах райком бюровĕ çак решение пурнăçлас тĕлĕшпе нимĕн те тумасть.

Н. ЦВЕТКОВ.

# Çирĕп те илемлĕ çулсемшĕн

Лайăх çулпа иртсе пынă чухне кирек кам та савăнать ĕнтĕ. Тен вăл вăхăтра çул тунă çынсене аса илмеççĕ те пулĕ, анчах начар çул çине лекес-тăвас пулсан чи малтан çынсене, çул-йĕр тăвакансене, ятлама тытăнаççĕ. Пытарма кирлĕ мар, халлĕхе пирĕн ĕçе япăх тăвакансем те пур-ха.

Паха çулсем тетпĕр. Кун пек чухне мĕскере шута илеççĕ-ха? Чула е ытти материалсене пĕр тикĕс сарсан кăна çул паха пулать. Çавăн пек çул тăрăх автомашинăсем хăвăрт, пĕр чăрмавсăр çÿреме пултараççĕ. Çулсем çирĕп пуласси тата нумай пырасси ĕç технологине пурнăçланинчен, лайăх материал сарнинчен тата пур ĕçе те вăхăтра туса ирттернинчен килет.

Нумай районсенчи çул-йĕр работникĕсем хăйсен тивĕçне тĕрĕс ăнланаççĕ, ĕç пахалăхне лайăхлатса пыма тăрăшаççĕ. Çĕнĕ çулсем тăвас тата киввисене юсас тĕлĕшпе пĕлтĕр Комсомольски районĕ лайăх тĕслĕх кăтартрĕ. Шăхасан, Муркаш, Чурачăк, Сĕнтĕрвăрри, Куславкка, Улатăр районĕсем те çитĕнÿсем турĕç.

Кĕперсем тăвакансен тата юсакансен, трубасем хывакансен ăсталăхĕ ÿсе пынине те палăртмалла. Ку тĕлĕшпе иртнĕ çулта Тăвай тата Улатăр районĕсенчи колхозниксемпе çул-йĕр работникĕсем мала тухрĕç. 1952 çулта кĕперсене Сĕмĕрле, Элĕк, Чкаловски, Вăрмар тата Сĕнтĕр районĕсенче те начар мар турĕç. Тăвай районĕнчи Молотов ячĕпе тăракан колхозри А. Иванов тата В. Иванов колхозниксем Канашпа Тăвай хушшинчи çула тунă чухне хăйсен ăсталăхне лайăх кăтартса пачĕç. Çак районти «Звезда» артельти Е. Сорокин, Н. Чернов колхозниксем çирĕп те паха кĕперсем тума вĕренсе çитнĕ.

Чул сарас ĕçре Сĕнтĕрвăрри районĕнче «Молния» колхозри А. Гойко юлташ, Киров ячĕпе тăракан колхозри Н. Кириллов юлташ, Молотов ячĕпе тăракан колхозри Н. Яковлев юлташ чапа тухрĕç. Вĕсем хăйсем лайăх ĕçленипе пĕрлех çамрăк колхозниксене те вĕрентеççĕ.

Асăннă юлташсем çул-йĕр пахалăхне мĕнле майпа лайăхлатса пыраççĕ-ха? Вĕсем сарма пĕр пек чулсем суйласа илесси çине уйрăмах тимлĕн пăхаççĕ, пĕр вăхăтрах шултра тата вĕтĕ чулсемпе нихçан та усă курмаççĕ, мĕншĕн тесен ун пек тусан вĕтĕ чулсем машинăсем çÿренипе хытă путма пултарнине асра тытаççĕ; пĕр участока тĕрлĕ йышши чул сармаççĕ, ун пек чухне çул нумай вăхăт хушши пĕр тикĕс выртаймасть, пысăк путăк-шăтăксем пулса каяççĕ.

Чул сарма вĕренсе çитнĕ специалистсенчен хĕрарăмсем те сахал мар. Улатăр районĕнчи «Путь Ильича» колхозри А. Зольникова, А. Бедина юлташсем, Муркаш районĕнчи «Красное Сормово» колхозри З. Наумова юлташ, «Аврора» колхозри Е. Александрова юлташ, Ворошилов ячĕпе тăракан колхозри М. Петрова юлташ, Чкаловски районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозри А. Синеева юлташ, «Гвардеец» колхозри А. Козлова юлташ ĕçленĕ çĕрте çулсем яланах çирĕп пулаççĕ. Ĕç нормине иртерсе тултарнăшăн тата ĕç пахалăхĕ пысăк пулнăшăн вĕсене кăçал пурне те Шосгидротехстрой профсоюз обкомĕн тата Чăваш АССР Çул-йĕр управленийĕн грамотипе наградăланă.

Государство заданине пурнăçлассишĕн пĕтĕм хастарлăхпа тăрăшакан çынсем пирĕн сахал мар, вĕсен пархатарлă ĕçĕ çинчен пĕр вăхăтрах каласа кăтартма ниепле те май килмест. Анчах та çулсен пахалăхне лайăхлатас тĕлĕшпе республикăра çав-çавах пысăк çитменлĕхсем пур-ха.

Тĕслĕхшĕн Ишлей районне илсе пăхăпăр. Вăл вăрçă хыççăнхи çулсенче чул сарнă çулсем сахал мар турĕ. Кăçал Шупашкарпа Вăрнар тракчĕ çинче Ишлей патне çитиччен чул сараççĕ. Пурте аван пек, тĕплĕнрех тишкерсе пăхсан вара урăхла калама тивет. Кунта чул сарас ĕçе начар тăваççĕ. Çакăншăн, паллах, чи малтан çул-йĕр пайĕ ответлă (заведующийĕ П. Андреев юлташ, техникĕ Федимиров юлташ). Ĕçе тĕрĕс пайласа уйăрман пирки тата техника тĕлĕшĕнчен тĕрĕслесе тăрассине начар йĕркеленине пула, чул сарнă уйрăм участоксенче çула тăрăх та, урлă май та тикĕс мар вырăнсем пулаççĕ. Ахальтен мар ĕнтĕ пĕлтĕр чул сарнă участоксен 13 процентне районта начар тесе йышăннă. Ку йăнăша кăçал та тÿрлетсе çитермен.

Кувакино, Шăмăршă, Йĕпреç, Первомайски районĕсенчи çул-йĕр пайĕсем те пахалăхшăн çителĕксĕр тăрăшаççĕ.

Хăшпĕр районсен руководителĕсем плана тултарнипе мухтанаççĕ. Шупашкар районĕ халĕ малта пырать. Ку аван, анчах акă мĕн начар: çул-йĕр пайĕн заведующийĕ В. Егоров тата унăн техникĕ А. Рыбакова юлташсен айăпĕпе уйрăм участоксенче çулсене япăх тунă, чула сĕнĕрен суйласа сарса тухма тивет. Кунта чул саракансем мар, çул-йĕр руководителĕсем айăплă. Вĕсем ĕçлекенсене çулсем тума шаблонсем, уровеньсем, рейкăсем, çавăн пекех ытти ĕç хатĕрĕсем те çителĕклĕ тупса паман.

Тимсĕрлĕхе пула районта чул сарса хатĕрленĕ 220 метр тăршшĕ çула вăхăтсăр машинăсем çÿренипе пăснă. Çул айккисене йĕркене кĕртес тĕлĕшпе те техника условийĕсене пăсаççĕ. Сăмахран, халĕ тăвакан çул хĕррисене тăпра сапма, çул айккисенчи çереме ватаççĕ. Кун пек тунипе çулсен пахалăхĕ чакать.

Техника условийĕсене пăсса ĕçлени пулмалла мар. 243-мĕш çул участокĕнчи аслă инженерăн ĕçĕсене тăвакан Егоров юлташ хушнипе чул сарнă вăхăтра кирлĕ пулакан тăпрана Çĕрпÿ районĕнчи çул хĕррисенчи çереме касса илеççĕ. Егоров юлташ çакна ăнланса илме тивĕç: çулсем айккинчи çереме касса ватнине пула çырма-çатрасем пулса каймa пултараççĕ, кунсăр пуçне çеремлĕ тăпрапа усă курни техника условийĕсене хирĕç пырать.

Кĕперсем тăвас ĕçре вĕсен тĕрекĕсене тĕрĕс вырнаçтарни уйрăмах пысăк вырăн йышăнать. Йывăç кĕперсен свайĕсене мĕн кĕме пултарнă таранах, 3,5 метр тарăнăшĕнчен кая мар çапса кĕртмелле. Çак задачăна Егоров юлташ практикăра мĕнле татса панă-ха? Свай çапасси йывăр ĕç тесе, вăл Тарăн Çырмари пĕр вăрăм кĕпере юсанă чухне çыран сенчи тĕрексене, свай çапса тăвас вырăнне, пуралаca тума хушнă. Йывăç пурана пĕтĕмпе те 0,5 метр тарăнăшне анчах вырнаçтарнă.

Лайăх çулсем тăвас, вĕсене юсаса тимлĕн пăхса усрас тесен, колхозсенче яланхи тунă çул-йĕр бригадисем пулмалла. Çакă вăл государствăшăн та, колхозсемшĕн те усăллă. Нумай вăхăт ĕçлекенсем паха çулсем тума хăнăхса çитеççĕ, вĕсем колхозсене паракан плансене хăвăрт тултарма пултараççĕ. Апла пулин те, бригадăсем пысăк усă панине пур çĕрте те ăнланса çитмен-ха. Яланхи бригадăсем тунă колхозсем республикăра 40 процента та çитеймест. Сăмахран, Пăрачкав, Ишлей, Элĕк, Çĕрпÿ тата Сĕнтĕр районĕсенче пĕр бригада та çук.

Йывăç кĕперсем тата шыва пăрса яракан трубасем çĕртекен бактерисене пула часах юрăхсăра тухма пултараççĕ. Çĕрессрен йывăç пайсене антисептик текен япалапа сĕрмелле. Дорснабра питĕ паха антисептик — антраценовăй текен çу пур. Унпа усă курни кĕперсен ĕмĕрне 30—40 процент ÿстерет.

Нумай çул-йĕр органĕсем антисептикпа усă кураççĕ. Ку ĕçе Тăвай, Октябрьски, Шăхасан, Шупашкар, Калинино районĕсенчи çул-йĕр пайĕсем уйрăмах аван йĕркеленĕ. Çав вăхăтрах Кувакино, Пăрачкав, Красноармейски, Шăмăршă районĕсенче ун çинчен аса та илмеççĕ. Антисептикпа усă курасси иккĕмĕш вырăнта тăракан ĕç мар, ăна пур çĕрте те йĕркелесе ямалла.

Машинăсемпе çул тăвакан станцин (МДС) ĕçе хăвăрт тата паха тума мĕн кирли пурте пур. Ăна хăватлă çĕнĕ механизмсем—скреперсем, бульдозерсем, грейдерсем, моторлă катоксем, гусеницăллă тракторсем, автосамосвалсем панă.

Анчах та МДС руководителĕсем хальхи вăхăтра ĕçе начар ертсе пыраççĕ. Станци вак чултан çул тумалли плана ултă уйăх хушшинче 38 процент çеç тултарнă, çулсене тĕпрен юсама панă задание пурнăçлама тытăнман та. Халĕ туса пĕтермелли ĕçсене кĕркуннене хăварса пыни çул-йĕр пахалăхне чакарать, мĕншĕн тесен чул сармалли вырăн йĕпе-сапапа исленсе каять. Кăна иртнĕ çулхи кĕркуннехи ĕçсенчен те аванах курма пулать. Атнар вăрманĕнчи çур километр тăршшĕ участока чул сарса хăварма ĕлкĕреймен пирки автомашинăсем çÿренипе хăйăр сарса хатĕрленĕ çул тĕпĕ юрăхсăра тухнă, 600 кубометра яхăн хăйăр ахалех сая кайнă. Кунтан вара кĕркунне тата çуркунне пачах иртсе çÿреме май килмен.

МДС юлса пынин тĕп сăлтавĕ акă ăçта: вăл хăватлă механизмсемпе çителĕксĕр усă курать, вĕсемпе пĕр сменăпа çеç ĕçлет. Машинăсемпе икĕ сменăпа ĕçлеме кирли çинчен темиçе хут кăтартса панă пулин те, станци директорĕ И. Подклетнов юлташ çавăнтан ниепле вывод та туман.

Çĕр чавакан машинăсемпе кирлĕ пек усă курмаççĕ. Çул тума палăртнă участоксене йĕркелес ĕçе час-часах ал вĕççĕн тăваççĕ. Механизмсемпе пурнăçламалли ĕçсенче ал вăйĕпе «чакаланнă» пирки станци шыв пăрса ямалли вырăнсем туса ĕлкĕреймест, ку енĕпе вăл плана тăтăшах тултараймасть.

Республикăри çул-йĕр работникĕсем умĕнче çак вăхăтра уйрăмах ответлă задача тăрать: вĕсен колхозсем валли государствăна ялхуçалăх продукчĕсем, уйрăммăн илсен, тырпул пама лайăх условисем хатĕрлесе çитермелле. Çапла тăвас пулать: тырпул вырма тухиччен çул-йĕр тума панă плана кашни районăн, кашни ял Совечĕн, кашни колхозăн, кашни çулйĕр участокĕн пысăк пахалăхпа тултармалла.

С. СЕРГАДЕЕВ,
Çул-йĕр тата транспорт хуçалăх управленийĕн главнăй инженерĕ.

# Вăйлă тырпула тăккаламасăр пухса кĕртме хатĕр пулар!

### ЧĂВАШ АССР-ĕнчи МТС-сем КОМБАЙНСЕМ ТАТА ЫТТИ МАШИНАСЕМ ЮСАНИНЕ КĂТАРТАКАН СВОДКА

Июлĕн 10-мĕшĕ тĕлне (процентпа)

| МТС-сем | Комбайнсем | Молотилкăсем | Жаткăсем | Тырă тасатмалли машинăсем |
|---|---|---|---|---|
| Йĕпреç | 100 | 58 | 53 | 100 |
| Муркаш | 100 | 50 | — | — |
| Первомайски | 100 | 57 | 92 | 100 |
| Пăрачкав | 100 | 80 | 90 | 100 |
| Советски | 100 | — | — | — |
| Кувакино | 90 | — | — | — |
| Сиява | 90 | 55 | 33 | — |
| Елчĕк | 90 | 67 | 69 | 100 |
| Чурачăк | 87 | 100 | — | — |
| Калинино | 87 | 50 | 69 | 50 |
| Улатăр | 86 | — | 65 | — |
| Сурмайдан | 83 | — | 33 | — |
| Красноармейски | 80 | 86 | 57 | 100 |
| Шăмăршă | 76 | 36 | 13 | — |
| Канаш | 73 | 57 | 33 | 33 |
| Чкаловски | 71 | 43 | 47 | 50 |
| Октябрьски | 70 | 16 | — | 100 |
| Шупашкар | 70 | 18 | 50 | — |
| Шăхасан | 70 | 60 | 44 | 100 |
| Сĕнтĕр | 69 | — | — | — |
| Сĕнтĕрвăрри | 67 | — | — | — |
| Етĕрне | 67 | — | — | 100 |
| Элĕк | 67 | 100 | 100 | 100 |
| Вăрнар | 63 | 77 | 58 | 100 |
| Çĕрпӳ | 61 | — | 50 | — |
| Йшлей | 60 | 50 | 58 | 100 |
| Комсомольски | 60 | 33 | — | — |
| Хĕрлĕ Чутай | 57 | 93 | 17 | 100 |
| Тăвай | 50 | 44 | 30 | 100 |
| Вăрмар | 46 | 25 | 20 | 100 |
| Çĕмĕрле | 45 | 36 | — | — |
| Куславкка | 43 | — | 34 | 100 |

## Пĕр колхозри трактористсем

СОВЕТСКИ. Пĕрлешсе пысăкланнă «За коммунизм» колхоз правленийĕ ялхуçалăхĕнчи механизаторсен кадрĕсене вĕрентсе хатĕрлессишĕн тăрăшать. Ик-виçĕ çул хушшинче колхозри 23 çамрăк тракторист специальноçне туянчĕ. Кунпа пĕрлех комбайнерсем, машинистсем тата ытти механизаторсем пулма вĕреннĕ колхозниксем те йышлă.

Колхоз вĕрентсе хатĕрленĕ механизаторсем МТС-ри пĕрремĕш трактор бригадинче ĕçлессĕ. Ку бригадăна «За коммунизм» колхоз çумне çирĕплетнĕ. Бригада социализмла ăмăртура малта пырать. Çураки планĕпе çĕртме сухи тумалли плана чылай иртгерсе тултарнă. Çĕртме уйне пĕтĕмпех культиваци туса тухнă. Ăмăртура мала тухнăшăн бригадăна МТС-ри куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялав панă, чылай трактористсене Хисеп хăми çине кĕртнĕ. Вĕсем хушшинче «За коммунизм» колхоз членĕ пулнă П. Спиридонов, П. Булыгин, В. Святогоров, Я. Петухов юлташсене курма пулать. Асăннă трактористсем сменăри нормăна 130—150-шар процент тултарса ĕçлессĕ. Бригадăра сменăри заданиe тултарман механизаторсем çук.

— Хамăр вĕрентсе хатĕрленĕ трактористсем пирĕн шанăçа тӳрре кăларассĕ,— теççĕ «За коммунизм» колхоз членĕсем.

Механизаторсем пулăшнипе колхоз суртрисене пĕтĕмпех ретлĕ майпа акса хăварнă. Техникăлла культурăсемпе выльăх апачĕ тума акнă культурăсене те тракторсемпе акнă. Трактористсем агротехника кăтартăвĕсене çирĕппĕн пурнăçласа пыма тăрăшнă. Халĕ колхоз уйĕнче пысăк тухăçлă тырпул ӳсет.

Пĕррремĕш бригадăри механизаторсем тырпул пухса кĕртме тĕплĕн хатĕрленесçĕ. Комбайнсене, «МК-1100» молотилкăсене тата тракторсенчен кăкарса ĕçлемелли ытти машинăсене лайăх юсаса çитернĕ. Механизаторсем тырпул пухса кĕртнĕ çĕрте пысăк тухăçлăхпа ĕçлеме обязательство илнĕ. Вĕсем кунпа пĕрлех колхоза выльăх апачĕ тума акнă культурăсене пăхса ӳстерме, силос хывма, курăксене çулса пухса кĕртме пулăшассĕ.

Я. СИГАЕВ.

## Ертсе пыман пирки

КУСЛАВККА. Энгельс ячĕпе тăракан колхозăн Тĕмшер енчи итемĕ. Мĕн кăна çук пулĕ кунта. Акмасăр шăтнă ырашĕ, çĕрсе пĕтнĕ уламĕ, ирĕке янă выльăхĕ. Итем варринче—çĕмрĕк молотилка, хĕрринче—ӳпĕнсе выртакан сортировка.

Колхозăн Пилешкасси енчи итемĕ те çавăн пекех: ăшчиккийĕ туп-тулли, çивиттийĕ çап-çара.

Правлени районти ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленине тыттарнă тăрăх, артель склачĕсем пурте юрăхлă. Анчах чылай складсене витмелле, дезинфекцилемелле. Тимĕрçĕ лаççи хупă тăрать. Жнейкăсем ăçта килчĕ унта лараççĕ. Вĕсене юсама тытăнман.

— Таçта та çитрĕмĕр, пайсем тупаймарăмăр,—ӳпкелешет правлени председателĕ В. Большов юлташ.

Юрать, кирлĕ пайсене тупайман, тейĕпĕр. Итемсемпе амбарсене витме улăм выранта вĕт? Транспорт инвентарĕсемпе михĕсене хатĕрлеме те запаслă пайсем кирлĕ мар.

Калаçу ĕç планĕ çине куçать.

—А-а-а план... Вăл пур... Вăл пуçра. Çырса стена çине çакмалла кăна,—те чăнласа, те шӳтлесе ответлет Большов юлташ.

«Путь Ленина» колхоз пĕлтĕр авăн çапас ĕçе вăраха тăсрĕ. Çавна пула артель тăкаксем нумай тӳсрĕ. Артель руководителĕсем çавăнтан тивĕçлĕ вывод туман-ха. Çĕнĕ тырра пухса кĕртме çаплах начар хатĕрленессĕ. Колхозри уй-хир бригадисене кал-кал ĕçлеме сахалтан та икĕ итем кирлĕ. Пĕр витнĕ итем пур та, тепĕрне тума шутламаççĕ. Пур пек итемне те тасатса типтерлемен. Сушилкăпа складсем те хатĕр мар.

Колхоз правленийĕ ялхуçалăх ĕçĕсем çине сиенлĕ черетлĕх йĕлипе пăхать. «Малтан утă çулса пуçтарар-ха, кайран тырпул пухса кĕртме хатĕрленĕпĕр»,— тет правлени председателĕ Г. Мартынов юлташ. Ĕç çине çапла пăхнăран ĕнтĕ вăл артель тимĕрçине машинăсем юсама наряд паман, утă çулма кăларса янă. Икĕ жнейкăпа молотилка тимĕрçĕ алли пырса тивессе кĕтсе лараççĕ. Урапасем те юрăхсăр. Виçĕ лаша пуçне пĕр урапа тивет. Курăнать ĕнтĕ, транспорт бригади тăвасси çинчен аса та илмен-ха.

Эпир кунта тырпул пухса кĕртме тата государствăна ялхуçалăх продукчĕсем пама хатĕрленес ĕçсем Энгельс ячĕпе тăракан тата «Путь Ленина» колхозсенче мĕнлине илсе кăтартрăмăр. Çакăн пек çитменлĕхсем—хĕрӳ тапхăра кĕтсе илме васкаманни, руководительсем лăпкă чунлă пулни—районти чылай колхозсенче палăрать.

Районти ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕн руководителĕсем ĕмĕтленнĕ тăрăх, кашни колхозра пĕр-икĕ сушилка, кашни бригадăрах витнĕ итемпе авăн пулсан аван пулмалла. Анчах ĕмĕт чăнлăх мар, ăна пурнăçа кĕртме ĕçлемелле, çирĕпрех ертсе пымалла. Халлĕхе районти çирĕм пиллĕк колхозра 17 сушилка, 26 авăн тата 54 витнĕ итем пурри паллă. Сводкăна ĕненес пулсан, сушилкăсем пурте юрăхлă. Çав вăхăтрах «Путь Ленина», Жданов ячĕпе тăракан колхозсенче сушилкăсене юрăхлă тума чылай ĕçлемелле. Çавăн пекех районти витнĕ итемсемпе авăнсенчен сурри ытла юсавлă марри паллă. Ленин ячĕпе тăракан, «Алга» тата «Ударник» колхозсенче витнĕ итемсем пачах çук. Кăçал тырпул пухса кĕртме хатĕрленнĕ май, районта çĕнĕрен пĕр лупасайĕ те туман.

КПСС обкомĕн V-мĕш пленумĕ йышăннă тăрăх, колхозсенчи тырпул пухса кĕртмелли машинăсене июлĕн 10-мĕшĕччен юсаса пĕтермелле пулнă. Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕн сведенийĕсем тăрăх, молотилкăсене 75 процент, жаткăсене 85 процент юсанă. Анчах ку цифрăсене ĕненме хĕн.

Тырпул пухса кĕртнĕ тата государствăна тырă панă вăхăтра итем çинчи ĕçсене механизацилени пысăк вырăн йышăнса тăрать. Куславкка районĕнчи колхозсенче çакна тума лайăх майсем пур. Суртсем тăвакан завод 10—12 колхоза электроэнерги парса тăрать. Унсăр пуçне гидростанци, 15 колхозра двигательсем пур. Анчах районти ялхуçалăх ĕçĕсенче çак вăйсемпе усă курма начар хатĕрленессĕ. Киров ячĕпе тăракан колхозра завод паракан электроэнергие йышăнма трансформатор çук. Хатĕрленӳ ĕçĕсене туман пиркиех Сала, Çĕнĕ Сала колхозĕсенче электроэнерги вăйĕпе авăн çапасси пирки икĕленессĕ. «Большевик» колхозăн тăватă двигатель пур. Юсав мар пирки вĕсенчен иккĕшĕ ĕçлемессĕ. Жданов ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕнче дизель пур. Анчах унпа ĕçлекен специалист çук.

Калас пулать, районта государство паракан пуян техникăпа ĕçлеме кадрсем хатĕрлес тĕлĕшпе нимĕн те тумаççĕ. Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕн руководителĕсем колхозсенче мĕн тĕрлĕ машинăсем пурри çинчен чухлаççĕ. Анчах вĕсемпе ĕçлеме пултаракан кадрсем пуррипе çукки çинчен никам та тăтăклă калаймасть.

Тырпул пухса кĕртме тата государствăна ялхуçалăх продукчĕсем пама хатĕрленес ĕçсене кӳллен ертсе пыни кирлĕ.

Т. ИВАНОВ. (Хамăр корр.).



Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозра сурăхсене нумай çул хушши Мария Боголюбовăпа Галина Патрикеева юлташсем пăхаççĕ. Сурăхсенчен çăм илмелли задание иртгерсе тултараççĕ.

ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: М. Боголюбова (сулахайри) тата Г. Патрикеева.

А. КОСТИН фотоӳкерчĕкĕ.

## Виçĕ республика ăмăртăвĕ

Колхозсемпе МТС-сем ялхуçалăх ĕçĕсен планне июлĕн 10-мĕшĕ тĕлне тултарнă (процентпа)

| | Мордва АССР-ĕ | Мари АССР-ĕ | Чăваш АССР-ĕ |
|---|---|---|---|
| Çĕрулми купаланă | 78,4 | 66,3 | 95,0 |
| Пахча çимĕççене çумкурăксенчен тасатнă | 57,6 | 72,3 | 88,0 |
| Махорка кăпкалатнă | 65,2 | — | 67,0 |
| Тымарçимĕççене кăпкалатнă | 34,8 | 24,5 | 58,3 |
| Çаран утти çулнă | 86,5 | 71,1 | 69,6 |
| Акнă курăксем çулнă | 18,5 | 29,5 | 33,4 |
| Силос хывнă | 28,0 | 27,9 | 9,8 |
| Тислĕк кăларнă (çулталăкри планран) | 54,4 | 67,0 | 76,8 |
| Тракторсемпе тумалли ĕçсен çулталăкри планне тултарнă | 43,8 | 40,1 | 48,9 |
| Çĕртме сухине МТС тракторĕсемпе культиваци тунă | 100,0 | 58,6 | 34,6 |
| МТС тракторĕсемпе утă çулнă | 32,5 | 27,5 | 22,9 |
| — » — силос хывнă | 9,5 | 16,1 | 6,7 |
| Машинăсем юсанă: | | | |
| Комбайнсем | 68,2 | 89,7 | 74,0 |
| Молотилкăсем | 17,6 | 36,3 | 40,0 |
| Жаткăсем | 29,8 | 50,9 | 35,2 |

## Тырпула тимлĕн сыхлар!

Ялхуçалăх çулĕн ответлă тапхăрĕ çывхарса килет. Республикăри колхозсем çывăх вăхăтрах тырпул пухса кĕртме тата государствăна ялхуçалăх продукчĕсем пама тытăнаççĕ. Çак ĕçсене туса иртгернĕ чухне руководительсем хуçалăха мĕнле ертсе пыма пултарни уйрăмах лайăх палăрать.

Тырпула пĕр тăкаксăр пухса кĕртесси, государство умĕнчи обязательствăсене пурнăçласси—кашни колхозăн таса тивĕçĕ. Район руководителĕсен колхозсенчи ĕçсене хăвăртлатма пур майсемпе те тăрăшмалла, государство законĕсене хытă асăрхаса тăмалла, вĕсене пăсма никама та ирĕк памалла мар.

Тырпул пухса кĕртнĕ вăхăтра тăкаксемпе кĕрешесси çине уйрăмах тимлĕн пăхни кирлĕ. Вырма вăхăтра тухмасан тырă нумай сухалса пĕтет. Çавăнпа ĕнтĕ уй-хирсене тăтăшах тĕрĕслесе тăрас пулать. Вăхăт çитсен тырпул пухса кĕртмелли машинăсене пурне те çийĕнчех ĕçе кĕртмелле. МТС руководителĕсен комбайнсемпе тухăçлă ĕçлессине организацилемелле.

Уй-хиртен, итем çинчен тата турттарнă чухне пĕр килограмм тырă та ан сухалтăр тесен, халех тивĕçлĕ мерăсем палăртса хумалла. Ку тĕлĕшпе пĕлтĕрхи йăнăшсене шута илмелле. Иртнĕ çул уйрăм колхозсенче çапнă тырра нумай вăхăт хушши хуралçăсăрах итемсем çине хăварнисем пулнă. Хăшпĕр ялхуçалăх артелĕсенче çапнă тырра виççе пăхса шута илмен. Çакăнпа государство тата колхоз интересĕсене хакламан сынсем усă курнă. Кувакино районĕнчи «К свету» колхозра молотилкăран тухнă тырра итем çинчен виçмесĕрех турттарнă, ăна складра та виççе йышăнман. Çавăн пек тимсĕрлĕхе пула тырра чылай тустарса пĕтернĕ.

Шанчăксăр çынсем киревсĕр ĕçсем тума ан пултарччăр тесен, хирте те, итем çинче те, складсем патĕнче те çирĕп хурал пулмалла. Тырпула пур çĕрте те тĕплĕн виççе йышăнмалла, учета илмелле.

1952 çулта хăшпĕр колхозсен председателĕсем колхозниксене аванс шучĕпе продуктсем памалли йĕркене пăснă, государство умĕнчи обязательствăсене пурнăçламасăрах тырпула салатнă. Сăмахран, Елчĕк районĕнчи Карл Маркс ячĕпе тăракан колхоз счетоводĕ пулнă Яковлев хăйĕн тăванĕсемпе пĕлĕшĕсене, вĕсем мисе ĕçкунĕ тунине шута илмесĕр тырă панă. Ăна закона пăснăшăн ответ тыттарнă. Тырра закона пăсса салатса пĕтерни Шăхасан районĕнчи «Заря» колхозра та пулнă.

Колхоз пурнăçĕн законне пăснисене хирĕç тăтăклăн кĕрешмелле, çĕнĕ тырра расходламалли йĕркесене пĕр пăркаланмасăр пурнăçласа пымалла, государствăна тырă пама кашни колхозăн обязательствăна тултариччен куллен хутшăнмалла.

Вырăнсенчен пĕлтернĕ тăрăх, «Заготзерно» пункчĕсенчен нумайăшĕ çĕнĕ тырра йышăнма тата сыхласа усрама начар хатĕрленессĕ. Çакна пула кăçал та пĕлтĕрхи йăнăшсем пулма пултараççĕ. Иртнĕ çулта хăшпĕр хатĕрлев пункчĕсем тырă парнччĕнех уйрăм колхозсене тырă панă тесе квитанцисем çырса панă. Государствăна хирĕçле çавăн пек ĕçе, сăмахран, Елчĕк районĕнчи Максим Горький ячĕпе тăракан колхоз председателĕ пулнă Михайлов тата глубиннăй пункт заведующийĕ Морковкин тунă. Вĕсене ответ тыттарнă.

Хатĕрлев пункчĕсене тăтăшах тĕрĕслесе тăман пирки уйрăм пунктсенче пĕлтĕр тырă сая кайнă. Сĕнтĕрвăрринчи «Заготзерно» пункчĕн директорĕ пулнă Ядров тата унăн пахалăх тĕлĕшпе ĕçленĕ заместителĕ Калмыков айăпĕпе тырă нумай пăсăлнă, склад юсавлă пулман пирки 5 тонна тырă çĕр çине юхса тухнă. Вĕсене çакăншăн иккĕшне те суда панă.

Тырпул пухса кĕртнĕ чухне кашни утăмрах перекетлĕхпе типтерлĕх пултăр. Ял ĕçченĕсен чыслă тивĕçĕ—социализмла харпăрлăха пур майсемпе те сыхласси. Партипе совет тата комсомол организацийĕсен ĕççынниcем хушшинче массăллăн ăнлантарулăă ĕçе активлăн туса пымалла, вĕсене социализмла харпăрлăха упрама государство интересĕсем хушнă пек воспитани памалла.

Тырă—Тăван çĕршыв пуянлăхĕ, вăл социализмла харпăрлăх пулса тăрать. Ăна куç шăрçине сыхланă пек сыхламалла.

И. СИДОРКИН, Чăваш АССР прокурорĕ.

## Ĕç планĕ тунă

ЧКАЛОВСКИ. Молотов ячĕпе тăракан колхозăн 561 гектар çинчен тĕштырăсем пухса кĕртмелле. Колхозниксем кĕрхи тырăсене 6 кунта, суртрисене 10 кунта пухса кĕртме обязательство илнĕ. 261 гектар çинчи тырра комбайнпа вырса пухмалла. Авăна колхозри молотилкăсемпе тата 25 лаша вăйлĕ двигательпе çапаççĕ.

Уй-хир бригадисем валли урапасем, ридвансем çителĕклĕ хатĕрленĕ, пур жнейкăсене те юсанă. Хатĕрлев пунктне тырă леçме транспорт бригади организациленĕ. Бригадăна пĕр автомашина тата 10 лав çирĕплетсе панă. Тырă леçме 190 михĕ хатĕрленĕ. Тырă вырма тухсан виççĕмĕш кунĕнчех авăн çапма тата государствăна тырă пама тытăнаççĕ. Икĕ витнĕ итем тата пĕр типовой зерносушилка хатĕр.

Колхозри пуçламăш парторганизаци (секретарĕ Г. Сорокин юлташ) агитациллĕ-массăлла ĕçсен планне тунă. Уй-хир бригадисем çумне 11 агитатор çирĕплетнĕ. Агитаторсем бригадăсенчи боевой листоксен редакторĕсем пулса ĕçлессĕ.

И. ТАРАСОВ.

## Тырă йышăнма хатĕрленсе çитмелле

Вăрнарти «Заготзерно» пункчĕ çĕнĕ тырпула йышăнма мĕнле хатĕрленет-ха? Калас пулать: питех те çитеслĕксĕр. Пункт руководителĕсем ĕçри çитменлĕхсене пĕтересси çинчен сахал шухăшлаççĕ, иртнĕ çулхи хăшпĕр çитĕнӳсемпе лăпланса лараççĕ.

«Заготзерно» пункчĕн кăçал икĕ склад тумалла. Пиллĕкмĕш номерлĕ склада июлĕн 1-мĕшĕ тĕлне туса пĕтермелле пулнă. Вăхăт иртрĕ пулин те склада туса пĕтермен. Халĕ кăна урайне асфальт сарма тытăннă, тăррине те витмен.

Складсене дезинфекцилес ĕç те япăх пулса пырать. Паянхи куна 7-мĕш склада кăна дезинфекциленĕ.

Складсем патне пымалли çулсем юсавлă мар. Вĕсем урлă касса çӳреме питех те хĕн. Анчах та «Заготзерно» пункчĕн руководителĕсем ку çула юсас тĕлĕшпе кирлĕ мерăсем йышăнмаççĕ.

«Заготзерно» пунктĕнчи механизмсене юсаса ĕçлеттерсе пăхман.

— Иртнĕ çулта вĕсем аван ĕçленĕ, кăçал та аван ĕçлемелле. Эпир механизмсене склад заведующийĕсене юсаса пама хушнă,— тет пункт директорĕн заместителĕ И. Артюшкин юлташ.

Государствăна тырă пама тытăнсан столовăй кирлĕ пулать. Анчах столовăй уçасси çинчен кунта асăнмаççĕ-ха. Столовăйне тĕпрен юсамалла, сĕтел-пукансем çитмессĕ.

Кунта хĕрлĕ кĕтес пур. Унта тĕрлĕ хаçат-журналсем çителĕклĕ пулмалла. Тырă леçме килнĕ колхозниксем хĕрлĕ кĕтесре культурăллă канма пултарччăр. Хĕрлĕ кĕтесрен вара хваттер туса хунă.

«Зерно» ятлă стена хаçатне мартăн 8-мĕшĕ хыççăн кăларман. Хаçат тырпула йышăнма хатĕрленсе çитес ĕçри çитменлĕхсене пĕтерессишĕн тăрăшмасть.

Улттăмĕш номерлĕ склада августăн 1-мĕшĕ тĕлне туса пĕтерме палăртнă. Анчах строительство ĕçĕ чăрăнса ларнă. Склад тăвакансем, кирлĕ кăтартусем çук пирки, час-часах ĕççĕр лараççĕ. Вĕсем паян кун мĕн тумаллине пĕлмеççĕ.

«Заготзерно» пункчĕн директорĕ Н. Молостов юлташ ĕçри пысăк çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтерес вырăнне, пункт коллективĕ иртнĕ вăхăтра туса иртгернĕ ĕçсемпе мухтанма юратать, ĕç дисциплинине çирĕплетме тăрăшмасть.

Г. МАЛЬЦЕВ.

## Çамрăк мичуринецсен садĕнче

Старак вăтам шкулĕнчи биологи преподавателĕ Юния Алексеевна çинчен каласа кăтартас тесен, унăн ĕçчен ашшĕн ырă ятне те асăнмасăр хăварма çук.

Алексей Сергеевич Сергеев, Антрак ялĕнчи хресчен çемйинче çуралса ӳснĕскер, ача чухнех пултарулă пулнипе тата ырă чĕрелĕ учительсем пулăшнипе çеç патша саманинче, хăй тĕллĕн вĕренсе, ялти учитель ятне илме пултарнă. 27 çул хушши вăл хăйĕн тăван ялĕнчи хресчен ывăл-хĕрĕсене шкулта вĕрентсе пурăннă.

Алексей Сергеевич ялти ĕçхалăх тарăнăн хисеплекен учитель çеç мар, паллă сад ăсти те пулнă. Унăн килĕнчи садĕнче чи лайăх сортлă панулмисем, слива, груша, хурлăхан, йĕплĕ хурлăхан тата ытти пахча çимĕççем те ӳснĕ.

Колхоз стройĕ çирĕпленсен Алексей Сергеевич хăйĕн ватăлас çулĕсенчи мĕн пур вăйне тăван ялĕнчи колхозра пысăк тухăçлă та илемлĕ сад тăвас ĕçе панă. Вăл ĕçленĕ çулсенче Антракри «Чуваш ЦИК» колхозра чаплă сад пулни çинчен халĕ те мухтаса асăнаççĕ.

Ватă учитель—сад ăсти Тамбов облаçĕнчи Козлов (халĕ Мичуринск) хулинче сутçанталăка улăштарас тĕлĕшпе ĕçлекен ученăй Иван Владимирович Мичурин тĕлĕнмелле чаплă опытсем туни çинчен пĕлнĕ, вара вăл ун патне ятарласа кайнă.

Тĕнчипе паллă ученăй, ун чухне чирлĕ выртнипе, чăваш учительне хăй йышăнма пултараймая. Ученăй патĕнче ĕçлекен сотрудниксем Алексей Сергеевича Мичуринăн аслă ĕçĕсемпе паллаштарнă тата вăл тунă çĕнĕ сортлă çимĕç вăрлăхĕсемпе хунавĕсене парса янă. Çапла вара Антракри учитель садĕнче «Бельфлер китайка», «Шафран» сортлă панулмисем, «Церападус» сортлă йĕпкĕм хĕрлĕ çĕмĕрт тата ытти паха çимĕççем пулса тăнă.

Алексей Сергеевич Пĕтĕм Союзри ялхуçалăх выставкин участникĕ пулнă, кăнтăрти çимĕççене çурçĕрелле куçарас тĕлĕшпе паха опытсем тунăшăн ăна медаль парса наградăланă.

Ватă учитель хăйĕн ачисене те çутçанталăка юратма, ăна совет халăх ырлăхĕшĕн çĕнетсе улăштарассишĕн тăрăшма воспитани панă, кашни ачине çамрăклах садра ĕçлеме хăнăхтарнă. Пархатарлă ывăл-хĕрĕсем ашшĕн ĕмĕтне пурнăçа кĕртнĕ.

Юния Алексеевна, Хусанти педагогика институчĕн биологи факультетĕнчен вĕренсе тухнă хыççăн, хăй юратакан предметпа вĕрентсе пурăнать. Унăн шăллĕ — Леонид Алексеевич Чăваш АССР Ялхуçалăхпа хатĕрлев министерствинче, йăмăкĕ—Манефа Алексеевна Мускав облаçĕнчи Раменски районта пысăк квалификациллĕ агрономсем пулса ĕçлессĕ. Вĕсем виççĕшĕ те—Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн членĕсем.

Старакри вăтам шкул сурчĕ çĕнĕрен ӳссе çитĕнекен çамрăк сад варринче ларать. Кунта лартса е акса ӳстернĕ çимĕççемпе çырласен сорчĕсем халĕ темиçе тесетке шутланаççĕ.

— Юния Алексеевна тăрăшнипе,—теççĕ учительсемпе вĕренекенсем.

Сӳлĕрех те сарлака шăмшаклă, çирĕп саслă Юния Алексеевна шкул çумĕнчи участокпа паллаштарать:

— Манăн атте, колхозри сад ăсти пулса ĕçленĕ чухне, Мичуринск хулинчен çĕнĕ сортлă çимĕç хунавĕсемпе вăрлăхĕсем илсе килнĕччĕ. Вĕсене вăл хăйĕн пахчинче тата колхоз садĕнче лартса ӳстерчĕ. 1941 çулти хĕлле чылай сортсем шăнса пĕтрĕç. Килти садра хăтăлса юлнă сортсенчен чылайăшне эпĕ кунта, шкул участокĕ çине куçартăм. Кунсăр пуçне Çĕрпӳри садпа çырла-çимĕç питомникĕнчен мичуринла сортлă çимĕç хунавĕсене чылай туянтăмăр.

Сад вăл садшăн çеç пулсан, шкулшăн питĕх усăллă пулаймĕ. Старак вăтам шкулĕ çумĕнчи çимĕç участокĕ вĕренекенсене çутçанталăк çинчен тарăн пĕлӳ памалли, класра вĕреннине практикăлла ĕçпе çирĕплетмелли опытлă участок пулса тăнă. Ку вăл—политехникăлла вĕренĕве пурнăçа кĕртсе пымалли тĕрĕс мероприяти.

Участок çинчи опытлă ĕçсене вĕренӳ программипе тачăн çыхăнтараççĕ. Çавна май кунта кĕçĕн классенчен пуçласа 10-мĕш класс таранччен вĕренекенсем валли яланах кăмăла каякан ĕç тупăнать.

Нумай çул ӳсекен курăксем акăнакан 10 уйлă тĕрĕс пусă çаврăнăшĕ. Антив, кашни уйĕнчи çĕр лаптăкĕшĕ 40—50 тăваткал метр çеç пултăр. Анчах уй çинче вĕренекенсем хăйсем ĕçлессĕ, Мичурин—Вильямс—Лысенко вĕрентĕвĕсемпе тĕплĕн паллашаççĕ. Пусă çаврăнăшне тума Çĕрпӳри селекци станцийĕнчи специалистсем пулăшнă тата сăнаса пăхма çĕнĕ сортлă вăрлăхсем те панă.

5-мĕш класра çамрăксен «Ӳсентăрансем вăрăсăр ĕрчени» темăна вĕренмелле. Ку темăна вĕренме класра наглядлăй пособисем, илемлĕ картинăсем пур. Анчах ачасем хăйсен аллипе хăйсем опыт тусан тата интереслĕрех пулать-çке.

Питомникре 5-мĕш класс валли пĕр участок уйăрнă. Вĕренекенсем унта хура, хĕрлĕ тата шурă сортлă хурлăхансене, вĕсен тураттисене касса лартса е авса çĕр айне хупласа ĕрчетеççĕ. Опычĕ питĕ ăнăçлă пулнă. Чĕрĕлсе çитнĕ хурлăхан тураттисем çинче çырласем питĕ нумай пиççе çитĕнеççĕ.

Çĕр çырли те вăрăсăр, тымарĕ хунанипе ĕрчет. Опытлă участокра ăна нумай мар, пурĕ те 0,02 гектар çинче çеç лартнă. Кашни тĕмне ачасем питĕ тăрăшса пăхнă, ниçта та çумкурăк çук. Çырли, «Луиза» текенскер, мичуринла сортлă. Старак ялĕнче пурăнакансем çакăнти пек шултра çĕр çырли курман-ха, кашни çырли ватă çыннăн пуç пӳрни пысăкăш пулать.

Мухтавлă совет ученăйĕсем вĕрентнине практикăлла опыт туса пĕлме участокри пусă çаврăнăшĕсем çине туратлă тулă, нумай çул ӳсекен ыраш тата ытти культурăсем акнă тата вĕсене пурне те наука вĕрентнĕ пек пăхса ӳстереççĕ.

Опытсем çуркуннерен тытăнса кĕркуннеччченех пыраççĕ. Аслă классенче вĕренекенсене кăткăсрах опытсем тума тивет. Сăмахран, 9-мĕш класри çамрăксем пĕр йышши, анчах тĕрлĕ сортлă ӳсентăрансене пĕрин папкисене теприн çине сыпса ӳстереççĕ, пĕр чечекĕн шăркине теприн çине куçарса пĕтĕçлентереççĕ, сортсене сăнаççĕ.

Çĕрулми çĕр айĕнче, помидор турат çинче ӳсеççĕ. Старак шкулĕнчи çамрăк опытниксем пĕр тĕпренех çĕрулми тата помидор туса илме вĕреннĕ. Помидор калчин тураттине касса илеççĕ те, çĕрулми тӳни çине сыпаççĕ. Ку опыта тума çăмăл мар, опытлă хирург пекех хăвăрт тата тĕрĕс операци тума пĕлмелле. Анчах ăна çамрăксем питĕ юратаççĕ.

Опыт ăнăçлă иртнĕ. Акă халĕ тĕлĕнмелле культура çитĕнет: тымарĕнче — çĕрулми, тураттинче помидор. Ĕненме пулать, коммунизм обществи тăвакан çĕршывра ялхуçалăхра ĕçлекен çынсен ăсталăхĕ нумай хут ӳсĕ, çĕнĕ техника шутласа кăларĕç, вара çавăн пек çĕрулми—помидора пысăк çĕр лаптăкĕ çинче туса илмелли агротехника та пулса тăрĕ.

Тăрăшса пăхсан тата кирлĕ условисем туса хурсан, пирĕн таврара та кăнтăрти культурăсене ăнăçлăнах лартса е акса тума пулать. Çавăн пек интереслĕ опыт тăвасси—шкулта вĕренекенсен юратнă ĕçĕ.

Акă «Ревень» ятлă нумай çул ӳсекен паха культура. Инçетрен пăхсан вăл — пирĕн таврара ӳсекен хупах евĕрлĕ. Анчах хупах мар. «Ревень» çулçисенчен яшка пĕçереççĕ, пылак тунисенчен компот, варени, кукăль пĕçерме пулать. Çак культурăна шкул участокĕ çине 1951 çулта çеç акнă-ха, 1952 çулта пирвайхи хут вăрлăх илнĕ. Малашне вăл опытлă участок çинче пысăкрах вырăн йышăнмалла.

Шкул участокĕнче çĕр çырли хыççăн ытти çимĕççем те пĕрин хыççăн теприпиççе çитеççĕ. Уйрăмах панулмисем çамрăк мичуринецсен кăмăлне хытă хумхантараççĕ. «Бельфлер китайка», «Шафран» сортлисем—шкулăн пысăк пуянлăхĕ. Вĕсене нумай çул каярах Антракри ватă учитель Алексей Сергеевич инçетри хулари аслă ученăй Мичурин çитĕнтернĕ тĕлĕнмелле чаплă садран кӳрсе килнĕ. Учитель хĕрĕ Юния Алексеевна çав панулмисен хунавĕсене шкул участокĕ çине куçарнă. Халĕ ĕнтĕ Юния Алексеевна, биологи преподавателĕ пулса, çамрăк опытниксене Мичуринăн аслă ĕçĕсене малалла туса пыма вĕрентет.

Опытник-мичуринец пуласси çăмăл мар. Нумай вуламалла, нумай пĕлмелле тата питĕ чăтăмлă пулмалла. Хăш чухне опытсем ăнмаççĕ е малтанах кĕтсе тăнă пек пулмаççĕ. Анчах мичуринец—йывăрлăхран хăракан, пĕр опыт ăнманнипе малашне ĕçлеме ӳркенекен çын мар. Юния Алексеевна, шкулти ытти учительсем те çамрăксене ĕçпе вĕренӳре чăтăмлă пулма воспитани парассишĕн тăрăшаççĕ.

Биологи предмечĕ çамрăк опытниксен юратнă предмечĕ пулса тăнă. Ахальтен мар кунта экзаменсенче биологи предмечĕпе начар паллă илнисем пулман. Сăмахран, 9-мĕш класра вĕренекен 20 çамрăкран 16-шĕ «5» тата «4 паллăсем илнĕ.

Старакри вăтам шкула виçĕ çул каярах çеç уçнă-ха. Унччен кунта çичĕ çул вĕренмелли шкул пулнă. Аслă классенче вĕренекенсем кăçал 9-мĕш класран 10-мĕшне куçрĕç. Вĕсен кунта тата тепĕр çул вĕренмелле-ха. Анчах нумайăшĕ ку шкултан вĕренсе тухсан, пысăк квалификациллĕ специалистсем пулма, çавăнпа та ялхуçалăхăн аслă шкулĕсене вĕренме кайма ĕмĕтленеççĕ.

Коммунизм обществи тăвакан ирĕклĕ те чечеклĕ çĕршывра çамрăксемшĕн пур çĕрте те çул уçă. Ялти шкул çумĕнчи участок çинче пирвайхи пĕлӳ илнĕ çамрăксем тĕлĕнмелле сад-хуласем, сад-колхозсем тăвакан мухтавлă специалистсем пулĕç.

Н. ВОЛКОВ.

Старакри вăтам шкул, Çĕрпӳ районĕ.

# КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕн решенийĕпе СССР Верховнăй Совет Президиумĕн постановленийĕ пирки урăх çĕршывсенчи хаçатсем мĕн çыраççĕ

### *Китай Халăх Республики*

ПЕКИН, июлĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Китайри хаçатсем Берияна партие хирĕçле тата государствăна хирĕçле преступникла ĕçсене тăрă шыв çине кăларнă пирки нумай çыраççĕ. Хаçатсем çав преступникла ĕçсене тăрă шыв çине кăларни Совет государствин вăйĕпе хăватне çирĕплетсе пулăшнине палăртаççĕ. Китайăн центрти хаçачĕсем июлĕн 11-мĕшĕнче КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕпе СССР Верховнăй Совет Президиумĕ Берия ĕçĕ пирки йышăннă решенисем çинчен пĕлтернине пичетлесе кăларнă. Хаçатсем çавăн пекех КПСС Мускав комитечĕпе Мускав хула комитечĕн пĕрлехи пленумĕ, партин Мускав хулинчи тата Мускав облаçĕнчи активĕпе пĕрле пулнă пленум çинчен пĕлтернине, «Правда» хаçатăн июлĕн 10-мĕшĕнчи «Партин, правительствăн, совет халăхĕн никам аркатайми пĕрлĕхĕ» ятлă умстатьине пичетленĕ.

«Жэньминьжибао» хаçат ĕнер «Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ пĕрлĕхĕ пулни тата вăл тĕреклĕнсе пыни тĕнчери ĕçсыннисемшĕн усăллă» ятлă умстатьяра çакна палăртнă: Берияна преступникла ĕçĕсене тăрă шыв çине кăларни, КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ ăна партирен кăларма йышăннă решени, СССР Верховнăй Совет Президиумĕ ăна ĕçлĕ вырăнсенчен кăларса суда парасси çинчен йышăннă постановлени—КПСС речĕсен пĕрлĕхĕшĕн, унăн речĕсене тĕреклетессишĕн кĕрешес ĕçре тунă пысăк çĕнтерÿ, çавăн пекех пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисен пысăк çĕнтерĕвĕ пулать, мĕншĕн тесен КПСС яланах тĕреклĕнсе пыни вĕсен интересĕсемпе килĕшсе тăрать.

Берия, пĕтĕм тĕнчери империализмăн агенчĕ пулса, И. В. Сталин вилнĕ хыççăнхи тата империализм ССР Союзне хирĕç тăвакан ирсĕр ĕçне вăйлатнă вăхăтра хăйĕн чăн-чăн сăн-сăпатне, Совет государствипе совет халăхĕн тăшманĕ, империализм хÿрешки пулнине кăтартса пачĕ, тесе çырать хаçат.

Берияна тăрă шыв çине кăларни мĕнпур çĕршывсенчи коммунизмла юхăмшăн пысăк пĕлтерĕшлĕ пулни çинчен çырса, хаçат коммунистсен партийĕпе халăхăн тăшманĕ Берия преступникла ĕçсем тăвассине чарса партин «мĕнпур çĕршывсенчи коммунистсен партийĕсемшĕн политикăлла питех те пысăк урок пулнине» палăртать.

Юлашкинчен хаçат çапла çырать: Берияна преступникла ĕçĕсенчен урок туса, «Китайри Коммунистсен партийĕпе Китай халăхĕн партин пĕрлĕхне тĕреклетмелле, парти ĕçне лайăхлатмалла, Китайăн экономика строительствине вăйлатмалла, Китайпа СССР хушшинчи аслă туслăха тĕреклетмелле, пĕтĕм тĕнчери миршĕн, империализмăн усал ĕмĕчĕсене хирĕç кĕрешес ĕçе вăйлатса пымалла. Çакă вăл халĕ Китайри Коммунистсен партийĕпе Китай халăхĕн задачи пулса тăрать».

### *Польша*

ВАРШАВА, июлĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Польшăри рабочисен пĕрлешнĕ партийĕн центральнăй органĕ — «Трибуна люду» хаçат КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ çинчен «Совет халăхĕпе унăн партийĕн никам аркатайми хăвачĕ» ятлă умстатья пичетленĕ.

Хаçат çапла çырать: Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ, хăй 50 çул хушшинче яланах мĕнле пулнă, çавăн пекех, хăйĕн идеологи тĕлĕшĕнчи никам аркатайми вăйне, çирĕплĕхне, хăйĕн кĕрешÿре тĕрĕсленнĕ тата никам çĕнтерейми речĕсем тачă пĕтĕçсе тăнине çĕнĕрен кăтартса пачĕ. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партине генилле Ленин тунă. Ленинăн ĕçне малалла туса пынă аслă Сталин тата вĕсен кĕрешÿри юлташĕсем ертсе пынипе парти тĕреклĕнсе тата ÿссе пычĕ, тĕнчене урăхлатса çĕнетекен хăватлă вăй пулса тăчĕ. Чаплă идейăсене тата этемлĕхĕн лайăх ĕмĕчĕсене—прогресс, ирĕклĕх тата социализм идейисене, коммунизм обществи тăвас идейăсене çирĕппĕн пурнăçласа пынине пула, КПСС çавăн пек хăватлă вăй пулса тăчĕ. КПСС хăйĕн çулĕ çинчен тăшмансене тата партирен уйрăлса кайнă çынсене, парти пĕрлĕхне пăсма тата ăна тĕрĕс çул çинчен пăрса буржуази умĕнче парăнас çул çине тăратма хăтланакансене, пĕр хутчен кăна мар ĕнтĕ шăлса тăкрĕ. Халăх тăшманĕсене çĕмĕрсе тăкса, парти хăйĕн никам аркатайми пĕрлĕхне, ĕçсыннисен массисемпе тытакан çыхăнăвне тĕреклетсе пычĕ, ĕçсыннисене малалла, çĕнĕ кĕрешÿпе çĕнтерÿ патнелле пĕр йăнăшсăр илсе пычĕ.

Халăх тăшманĕн Берияна преступникла, партие хирĕçле, государствăна хирĕçле диверсине, ют çĕршыв капиталĕн интересĕсемшĕн Совет государствине хавшатма хăтланнине тăрă шыв çине кăларни тата çав ĕçе тума чарни вăрă империализмăн реакциллĕ вăйĕсене хăватлăн çапса аркатни, парти речĕсен никам аркатайми пĕрлĕхне тата партипе халăх хушшинчи çыхăнăва тĕреклетни пулать.

Берия преступникла ĕçсем тума хытă тăрăшни империализмăн реакциллĕ вăйĕсем диверсиллĕ ĕçсене вăйлатма хăтланнипе çыхăнса тăрать.

Пирĕн парти, пĕтĕм тĕнчери коммунистсен партийĕсемпе тата рабочисен партийĕсемпе пĕрле, КПСС Центральнăй Комитечĕпе тăванла пĕр шухăшлă пулнине палăртать, халăх тăшманĕн, сутăнчăкăн тата ренегатăн Берияна преступникла диверсине вăхăтра тăрă шыв çине кăларнине тата сиенсĕрлетнине ырлать.

### *Чехословаки*

ПРАГА, июлĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Чехословакин центрти пур хаçачĕсем те Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ çинчен çырнă информациллĕ пĕлтерĕве, СССР Верховнăй Совет Президиумĕн постановленине, «Правда» хаçатăн июлĕн 10-мĕшĕнчи «Партин, правительствăн, совет халăхĕн никам аркатайми пĕрлĕхĕ» ятлă умстатьине, КПСС Мускав Комитечĕпе Мускав хула комитечĕн Мускаврипе Мускав облаçĕнчи парти активĕпе пĕрле пулнă пĕрлехи пленумĕ çинчен çырнă отчета пичетленĕ.

Хаçатсем тата «Правда» хаçатăн «Парти сасси, халăх сасси» ятлă умстатьине, ВЦСПС Президиумĕн резолюцине, союзлă республикăсенчи тата Совет Союзĕнчи промышленноç центрĕсенчи парти комитечĕсен, коммунист-активистсемпе пĕрле пулнă пленумĕсем çинчен пĕлтерисене пичетлесе кăларнă.

«Руде право» хаçат редакци çырнă «Совет Союзĕпе мир тăшманĕсен каварне аркатса тăкни» ятлă пысăк статья пичетленĕ.

Чехословаки халăхĕ, тесе çырать хаçат, ирсĕр авантюриста Берияна тăрă шыв çине кăларни пирки пĕлтерни çине питех те тăмăн пăхать. Чехсемпе словаксем Совет Союзĕнчи Коммунистсен партине тата ăна империализм агенчĕн тăманлă ĕçĕсене тататлăн пĕтерсе тăкнăшăн чунтан-чĕререн юратни çинчен пĕлтересçĕ.

Чехословакири халăхсем, тесе çырать «Руде право» хаçат, Берияна каварлă ĕçĕсене тататлăн пĕтерсе тăкнине мире юрататакан Совет Союзĕн хăватне ÿстерессишĕн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшни пулать тесе шутлаççĕ. Империалистсен Совет государствине хирĕçле кирек мĕнле планĕсем те путланса ларассине Совет Союзĕ империалистсене тепĕр хут çĕнĕрен кăтартса пачĕ.

## Польшăна ирĕке кăларнă кун ячĕпе

ВАРШАВА, июлĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Совет Çарĕ Польшăна ирĕке кăларнă куна—июлĕн 22-мĕшне, наци праçникне уявланă ятпа промышленность предприятийĕсенчи рабочисем кварталти тата çулталăкри плансене срокчен тултарассишĕн социализмла ăмăртăва анлăрах та анлăрах сараççĕ.

Варшава хулипе Варшава воеводстинчи предприятисенче кăна июлĕн 22-мĕшĕнчи уяв ячĕпе 150.000 рабочие ахăн ĕç вахтине тăнă. Тракторсем тăвакан «Урсус» заводра 4.000 рабочи ытла социализмла обязательствăсем илнĕ. «Урсус» заводăн коллективĕ июль уйăхĕнче планран иртерсе 10 трактор туса кăларма сăмах панă.

## Болгарире халăх влаçĕ ĕççыннисен канăвĕшĕн тăрăшать

СОФИЯ, июлĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). София хули патĕнче Витоша текен сăрт пур. Болгари столицинчи ĕççыннисем çав сăрт çинче канма юратаççĕ. Хĕлле те, çулла та пиншер çынсем пушă вăхăта çак вырăнта иртереççĕ.

Витоша патĕнчи вырăнсене урăхлатса çĕнетмелли проекта çак кунсенче çирĕплетнĕ. Проект тăрăх, Витоша наци паркĕ пулса тăрать. Электричество вăйĕпе ĕçлекен чугун çулсем хулана Витошăпа çыхăнтараççĕ. Çав чугун çулсем тăрăх кашни кун 120 пин пассажир илсе çÿреме пуçлаççĕ.

Витоша сăрчĕ тавра виçĕ аллея тăваççĕ. Вĕсенчен пĕринче канмалли çуртсем, теприйĕнче—туристсен базисем тата виççĕмĕшĕнче—йĕлтĕр базисем пулаççĕ. Кунта тата спорт вăййисене вылямалли вырăнсем, концертсем кăтартмалли площадкăсем тăваççĕ.

Витошăна урăхлатса çĕнетмелли ĕçсене пурнăçлама Болгари Министрĕсен Совечĕ 250 миллион лев укçа пама йышăннă.

## Китайра И. В. Сталин Сочиненийĕсене пичетлесе кăлараççĕ

ШАНХАЙ, июлĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Китайра халĕ И. В. Сталин Сочиненийĕсен Китай чĕлхипе тухнă пĕррремĕш томне илме çырăнтарма пуçланă.

Шанхайра И. В. Сталин Сочиненийĕсен пĕррремĕш томне илме 17 пин çын ытла çырăннă та ĕнтĕ. Кантонра подписка пуçланнă кунах И. В. Сталин Сочиненийĕсене илме 1.125 çын çырăннă. «Хубэйжибао» хаçат июлĕн 9-мĕшĕнче пĕлтернĕ тăрăх, Уханьре И. В. Сталин Сочиненийĕсене илме çырăннисем темиçе пин çын шутланаççĕ.

## Корейăри горняксен ĕçри çитĕнĕвĕсем

ПХЕНЬЯН, июлĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикинчи горняксем хăйсен тăван çĕршывĕн ырлăхĕшĕн пĕтĕм вăя хурса ĕçлеççĕ. Корейăри тĕп телеграф агентстви Чжо Ду Сир бурильщик ĕçре пысăк çитĕнÿ туни çинчен пĕлтерет. Ĕçре малта пыракансен меслечĕпе усă курса, Чжо Ду Сир сменăра 555 тонна руда кăларнă. Çакă вăл нормăран 20 хут нумайрах тата çак ĕçре республикăра тунă чи пысăк çитĕнÿ пулса тăрать.

Корейăри горняксем хушшинче Чжо Ду Сир пек ĕçлекенсен шучĕ кунтан-кун ÿссе пырать. «Нодон синмун» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, çамрăк горняк Ку Чжа Сон, Чжо Ду Сирăн ĕç меслечĕсене вĕренсе, сменăри заданисене чылай иртерсе тултарма пуçланă, июнĕн 24-мĕшĕ тĕлне çулталăкри плана пурнăçланă.

Энски рудникри горняксем хушшинче ватă бурильщик Ким Син Чю чапа тухнă. Ĕçре малта пыракансен меслечĕсемпе усă курса, вăл сменăри нормăна 400 процент ытла тултарать. Ким Син Чю рудникри юлташĕсене хăйĕн опычĕпе паллаштарать. Ун пек ĕçлеме вĕренекен бурильщиксем нормăна 160—170 процент тултарса пыраççĕ.

# Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, июлĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корей Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ июлĕн 13-мĕшĕнче çапла пĕлтернĕ:

Иртнĕ кун хушшинче Корея Халăх çарĕн чаçĕсемпе Китай халăх добровольцĕсем Йоньчхоньрен хĕвеланăçнерехре тата Чаньхенри районĕнче тăшмана хирĕç хăшпĕр вырăнсенче çапăçнă. Фронтсенче ниммĕнле улшăну та пулман.

Июлĕн 13-мĕшĕ умĕн çĕрле Америкăн сывлăшри вăрă-хурахĕсем Аньчжу тата Хванчжу сывăхĕнчи ялсем çине çĕнĕрен тапăннă, вĕсем çине бомбăсем нумай пăрахнă. Мирлĕ граждансем хушшинче вилнисемпе аманнисем нумай, пурăнмалли çуртсемпе землянкăсенчен чылайăшĕ ишĕлнĕ.

## Америка авиацийĕ Пхеньян çине тапăннă

ПХЕНЬЯН, июлĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер кăнтăрла Америкăн реактивлă самолечĕсен пысăк ушкăнĕ Пхеньян хули çине тапăннă. Хула варринчи Тэтхарениньдон кварталĕ çине тата хулан кăнтăрти районĕнче Тапсанальдон кварталĕ çине бомбăсем уйрăмах нумай пăрахнă тата пулеметсенчен пенĕ.

Америка летчикĕсем хулари пасар çине фугаслă тата осколоклă бомбăсем нумай пăрахнă. Ку пасар—Тэтхарениньдон кварталĕнче. Пасара пынă çынсем бомбоубежищĕсем патне тарма тытăнсан, Америка самолечĕсем вĕсене пулеметсенчен пенĕ.

Америка авиацийĕ мирлĕ хула — Пхеньян хули çине çавăн пек тапăнса вуншар землянкăсемпе пурăнмалли çуртсене аркатнă, вилнисемпе аманнисем пур.

## Америка авиацийĕ Корейăри мирлĕ хуласемпе ялсем çине çаплах бомбăсем пăрахать

ПХЕНЬЯН, июлĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Америка авиацийĕ Çурçĕр Корейăри мирлĕ хуласемпе ялсем çине çаплах бомбăсем пăрахать тата пулеметсенчен перет. Корейăри тĕп телеграф агентстви пĕлтернĕ тăрăх, июлĕн 5-мĕшĕнче Ким-Чак хули районне тата Оран уездĕнчи (Çурçĕр Хамген провинцийĕ) ялсем çине тăшман бомбăсем нумай пăрахнă. Çав ялсем çине Америкăн çар карапĕсем тинĕсрен тупăсенчен пенĕ.

Июлĕн 6-мĕшĕ умĕн çĕрле Америкăн 11 йывăр бомбардировщикĕ 6 штурмовикпа пĕрле вĕçсе пырса Мундок уездĕнчи (Кăнтăр Пхенан провинцийĕ) мирлĕ ялсем çине тапăннă. Июлĕн 7-мĕшĕнче Америка самолечĕсем Ким-Чак уездĕнчи ялсем çине бомбăсем пăрахнă. Июлĕн 9-мĕшĕнче Америкăн йывăр бомбардировщикĕсем Хамчжу уездĕнчи ялсемпе Самхын хули (Кăнтăр Пхенан провинцийĕ) çине бомбăсем пăрахнă.

## Египетри лару-тăру

КАИР, июлĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер каçхине кунта çакăн çинчен пĕлтернĕ: Англин Египетри çарĕсен командующийĕ Фестинг генерал июлĕн 11-мĕшĕнче Египет влаçĕсене ультиматум панă. Унта вăл Англин çухалнă летчикне июлĕн 11-мĕшĕнче 9 сехет тĕлне каялла тавăрса пама хушнă. Фестинг каланă тăрăх, çав летчик июлĕн 9-мĕшĕнче Исмаилире çухалнă. Исмаили губернаторăн заместителĕ патне янă çав хутра çапла каланă: асăннă срок çитнĕ тĕлне Англи летчикне каялла тавăрса памасан, Англи çарĕсен командующийĕ «хăй мĕнле мерăсем йышăнма кирлĕ тесе шутлать, çавăн пек мерăсем йышăнать», тесе хăратнă.

«Аль-Мысри» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Англин хăратса çырнă çырăвне июлĕн 12-мĕшĕнче «ертсе пыракан революцилле советăн» ларăвĕнче сÿтсе явнă. Египетăн наци руководствин министрĕ Салах Салем унта çапла пĕлтернĕ: Исмаили губернаторĕн заместительне Англи панă ультиматума сирсе яма кăтарту панă, акăлчансен ĕçĕсем «Египетăн суверенитечĕпе никама пăхăнманлăхĕшĕн хăрушлăх туса хураççĕ», тенĕ Салем.

Паян, ирхине 9 сехетре, Англи летчикне каялла тавăрмалли срок çитнĕ. Салах Салем радио тăрăх Египет халăхне чĕнсе сăмах каланă. «Кĕрешÿ пуçлама халлĕхе вăхăт çитменни» çинчен каласа, Салем халăха «ертсе пыракан революцилле советăн» приказĕсене пурнăçласа пыма, «лăпкă пулса, малалла мĕн пулассине кĕтме» чĕннĕ.

ПАРИЖ, июлĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентствин Каирти корреспонденчĕ пĕлтернĕ тăрăх, Англи ультиматумне Египет йышăнман. Кун хыççăн Англи çарĕсен командованийĕ Англин контрольнăй посчĕсем Суэц каналĕн зони патне каякан çулсем тăрăх пыракан гражданла çынсене тата автомашинăсене пурне те ухтарасси çинчен пĕлтернĕ. Англи çарĕсем Исмаилирен Порт-Саида, Каира тата Суэца каймалли пур çулсене те йышăннă.

Египетăн пĕтĕм территорийĕнче хăрушлăх тухса тăма пултарас пирки сыхă пулма кирли çинчен пĕлтернĕ.

ПАРИЖ, июлĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентствин корреспонденчĕ Исмаили хулинчен (Суэц каналĕн зони) çакăн çинчен пĕлтерет:

Англин моторизованнăй çарĕсен йышлă патрулĕсем Исмаили хулинче арабсем пурăнакан кварталсенчи урамсенче çÿреççĕ. Кунсăр пуçне, авиадесант çарĕн 16-мĕш дивизийĕн салтакĕсем, автоматсене хатĕр тытса, тротуарсем тăрăх утса çÿреççĕ. Хула урамĕсене Египетăн механизированнăй çарĕн патрулĕсем те тухнă. Египет салтакĕсем те автоматсемпе хĕçпăшалланнă.

## Вьетнам Халăх çарĕн вăрçăри çĕнтерĕвĕ

ПАРИЖ, июлĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентстви çакăн çинчен пĕлтерет: июлĕн 11-мĕшĕпе 12-мĕшĕ хушшинче çĕрле Вьетнам Халăх çарĕн чаçĕсем Фуонг-Тру ятлă тĕреклетнĕ пункта йышăннă. Ку пункт Ханой хулинчен 25 километрта вырнаçнă.

ПАРИЖ, июлĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентствин корреспонденчĕ Сайгонран çакăн çинчен пĕлтернĕ: июлĕн 11-мĕшĕпе 12-мĕшĕнче Вьетнам Халăх çарĕн чаçĕсем Ми-То районĕнче (Сайгон хулинчен 120 километр кăнтăр-хĕвеланăçнерехре) тăшманăн 8 постне тытса илнĕ.

## *Корейăпа Китай делегацийĕ пĕлтерни*

ПЕКИН, июлĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин Кэсонри корреспондентĕнчен çакăн пек хыпар илнĕ:

Корейăпа Китайăн перемири çинчен пыракан калаçусене хутшăнакан делегацийĕ июлĕн 13-мĕшĕнче пичетлесе кăларнă пĕлтерÿре çапла каланă:

Июлĕн 10-мĕшĕнче 11 сехет те 35 минутран пуçласа 11 сехет те 55 минутчен Америка самолечĕ Корейăпа Китай аллинчи тыткăнри çар çыннисене пухмалли Суанри центрĕ çинче аялтан вĕçсе çÿренĕ, бомбăсем пăрахнă тата пулеметсенчен пенĕ. Тыткăнри çар çыннисем пухăнмалли центрта икĕ енĕ тунă килĕшÿпе çирĕплетнĕ паллăсем пулнă, вĕсем лайăх курăннă. Çапах та самолет çав центр çине тапăннă. Самолет тапăннине пула тепĕр енĕн тыткăнри çар çыннисенчен 5-шĕ вилнĕ, 15 çын аманнă. Çав центрта ĕçлекенсем тыткăнри çар çыннисене пулăшма васкані. Пулăшма тăнă çынсенчен 4-шĕ аманнă тата вилнĕ.

Июлĕн 13-мĕшĕнче Корейăпа Китайăн перемири çинчен пыракан калаçусене хутшăнакан делегацийĕн пуçлăхĕ Нам Ир генерал, çак киревсĕр ĕç пирки татăклăн протестлесе, тепĕр енĕн делегацийĕн пуçлăхĕ Уильям Гаррисон патне çыру янă. Килĕшĕве çавăн пек киревсĕррĕн пăснăшăн пĕтĕмпех тепĕр енĕ ответлă пулса тăни çинчен Нам Ир генерал хытă асăрхаттарнă.

## ДЕПУТАТ-КОММУНИСТСЕНЕ ЗАКОНСĂР ЙĔРКЕПЕ ПАРЛАМЕНТ ЧЛЕНĔН ПРАВИСЕМСĔР ХĂВАРНА

ЛОНДОН, июлĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентствин корреспонденчĕ Дюссельдорфран çакăн çинчен пĕлтерет: Çурçĕр Рейн-Вестфали çĕрĕн ландтагĕ паян виçĕ депутат-коммуниста, çав шутра Хĕвеланăç Германири коммунистсен партийĕн председательне Макс Реймана парламент членĕн никам тĕкĕнме пултарайман прависĕр хăвармалла тунă. Депутат-коммунистсене «федеральнăй (Бонри) правительство пирки кÿрентермелли сăмахсем каланăшăн» айăплаççĕ.

*Спорт хыпарĕсем*

## А. Ковалевскипе Н. Назарова—РСФСР чемпионĕсем

Июлĕн 6-мĕшĕнчен пуçласа 11-мĕшне çитиччен Саранск хулинче (Мордва АССР-ĕ) РСФСР-та арçын ачасем тата хĕрачасем хушшинче художествăлла гимнастика спорчĕ тата акробатика енĕпе мала тухассишĕн ăмăрту пулса иртнĕ. Ăмăртăва облаçсен тата автономиллĕ республикăсен 23 команди хутшăннă.

Çав ăмăртура пирĕн республика команди акробатика енĕпе виççĕмĕш вырăн йышăнса виççĕмĕш степень диплом илнĕ. Командăри Адольф Ковалевскипе Нина Назарова спортсменсем, пĕррремĕш вырăн йышăнса, акробатика енĕпе РСФСР чемпионĕ ятне илме тивĕçлĕ пулнă.

* * *

Иртнĕ вырсарникун, июлĕн 12-мĕшĕнче, Мускавра РСФСР-та çăмăл атлетика енĕпе мала тухассишĕн пыракан ăмăрту пуçланнă. Çак ăмăртăва Чăваш АССР команди те хутшăнать. Команда составĕнче республикăри чи пултаруллă спортсменсем — СССР спорт мастерĕ А. Игнатьев, РСФСР тата Чăваш АССР чемпионĕпе рекордсменĕ Р. Бикчурин, республика рекордсменĕсем И. Антонова, Ф. Горынин, Е. Токарева, Л. Емельянова тата ыттисем те—пурĕ 26 çын.

Малтанхи ăмăртусенче 100 метр чупас енĕпе спорт мастерĕ Ардальон Игнатьев иккĕмĕш вырăн йышăннă. Вăл 100 метр хушшине 10,9 секундра чупса тухнă.

Ăмăрту июлĕн 17-мĕшĕччен пырать.

## Республикăра мала тухассишĕн

Иртнĕ вырсарникун Шупашкарти «Молния» спорт обществин стадионĕнче футбол вăййипе республикăра мала тухассишĕн пыракан ăмăртăван черетлĕ вăййисем пулса иртрĕç.

Чи малтанхи Шупашкарти «Спартак» спорт обществин футбол команди Улатăрти «Локомотив» спорт обществин командипе тĕл пулса вылярĕç. Вăйă 2 : 1 шутпа спартаковецсем çĕнтернипе вĕçленчĕ.

Ун хыççăн Шупашкарти «Молния» спорт обществин футболисчĕсем Çĕмĕрлери «Красная звезда» спорт обществин футболисчĕсемпе тĕл пулса выляççĕ. Çак вăйă интереслĕ пулчĕ, пысăк çĕкленÿпе иртрĕ. Уйрăмах «Красная звезда» спорт обществин футболисчĕсем хăйсен пултарулăхне лайăх кăтартрĕç. Вĕсем мечĕкпе пĕрне-пĕри хăвăрт тата тĕрĕс параççĕ, хăвăрт чупаççĕ, техника тĕлĕшĕнчен те лайăх выляççĕ. Стадион хуçисем те çĕнтерÿшĕн питĕ тăрăшса вылярĕç. Пĕррремĕш тайм 1 : 1 шутпа иртрĕ.

Иккĕмĕш таймра Çĕмĕрле спортсменĕсем тата иксĕ мечĕк, стадион хуçисем тата тепĕр мечĕк тапса кĕртрĕç. Вăйă 3 : 2 шутпа, «Красная звезда» спорт обществин футбол команди çĕнтернипе вĕçленчĕ.

Çапла вара «Красная звезда» спорт обществин команди футбол вăййипе республикăра мала тухассишĕн пыракан ăмăртура халĕ малта пырать. Вăл Шупашкарти «Динамо» тата «Молния», Çĕмĕрлери «Урожай» спорт обществисен командисене çĕнтерсе, 9 очко пухрĕ.

## Аттестат параççĕ

КУСЛАВККА. Районти шкулсенче вăтам пĕлÿ илнĕ çамрăксене аттестатсем параççĕ. Куславккари 1-мĕш вăтам шкулăн X-мĕш класĕнче 33 ача вĕреннĕ. Вĕсем — пурте комсомолецсем, вăтам шкултан ăнăçлă вĕренсе тухнă. Маргарита Веревкина, Лев Иванов, Александр Сучков, Нина Телешникова, Геннадий Данилов, Инна Копасковская тата Зоя Павлова çамрăксем экзаменра «отлично» паллăсем илнĕ.

Кăçал Куславккари çамрăк рабочисен шкулĕнчен 20 çын, Карачри вăтам шкултан 56 çын вĕренсе тухнă.

(Хамăр инфор.).

### ПАЯН «СОВЕТСКАЯ ЧУВАШИЯ» ХАÇАТРА

Умстатья.— Колхозсен обществăлла хуçалăхне пур енчен те пĕрмай тĕреклетсе пымалла.

**Мĕнпур совет çыннисем Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă постановление пĕр шухăшлă пулса ырлаççĕ.**

Тырпул пухса кĕртме хăвăртрах хатĕрленсе çитер!

**А. Иванов.** — Учительсен марксистла ленинла вĕренĕвĕ.

**П. Кузьминская.**—Мари АССР-ĕнчи малта пыракан колхозсен опытне вĕренер.

**Н. Фигуровский.**— Вырăс наукин мухтавĕпе чапĕ.

**А. Архипов.**—Ялти исполнительсен рольне ÿстермелле.

КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕн решенийĕпе СССР Верховнăй Совет Президиумĕн постановленийĕ пирки урăх çĕршывсенчи хаçатсем мĕн çыраççĕ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

### ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ — Кинзел хулинчи драма театрĕн гастролĕсем. Июлĕн 15-мĕшĕнче «Олеся». Июлĕн 16-мĕшĕнче «Старик».

Спектакльсем 20 сехет те 30 минутра пуçланаççĕ.

### КИНО

«РОДИНА»—июлĕн 15-мĕшĕнче 12 тата 14 сехетре пуçланакан сеанссенче «Смелые люди», ытти сеанссенче—«Дочь полка». Сеанссем 16 сехетре, 18 сехет те 15 минутра, 20 тата 22 сехетре пуçланаççĕ.

# Китай Халăх Республикин выставки

Совет çĕршывĕнчи ĕççыннисем туслă Китай Халăх Республики промышленность, ялхуçалăхĕ тата культура енĕпе пысăк çитĕнÿсем тунăшăн савăнаççĕ. Совет çыннисем аслă кÿршĕн—Китай халăхĕн пурнăçĕпе тата ĕçĕсемпе хытă интересленеççĕ. Вĕсен çак интересне тивĕçтерме Китай Халăх Республикин промышленноçĕпе ялхуçалăхĕн выставки чылай пулăшать. Выставка июлĕн 11-мĕшĕнче М. Горький ячĕпе тăракан культурăпа кану паркĕнче уçăлнă.

Выставка уçнă çĕрте Пĕтĕм Союзри Суту-илÿ палати президиумĕн председателĕ Нестеров юлташ сăмах тухса каланă. Вăл çак выставка ирĕклĕ Китай халăхĕн творчествăлла вăйĕсем чечекленсе пынине тата ĕçри хастарлăхĕ ÿсе пынине уççăн кăтартса паракан тĕслĕх пулнине палăртнă. Вăл выставкăна анăçлă иртерме ырă сунă.

Унтан Китай Халăх Республикин ĕçсен ССР Союзĕнчи вăхăтлăх поверенный Гэ Бао-цюань сăмах тухса каланă. Вăл тухса калаÿне итлекенсем ăшă кăмăлпа ырланă.

Выставкăна савăнăçлăн уçнă хыççăн, ăна курса тухнă. Выставкăна 4.000 экспонат ытла тăратнă.

Тĕп павильон, Унăн вестибюльне уяв чухнехи пек илемлетнĕ. Сылтăмри тата сулахайри залсене халăх икĕ енĕпе утать. Çав залсенче машиностроительнăй, электротехника, хими промышленноçĕсен продукцийĕсем, транспорт тата каналсем тăвас ĕç аталанса пынине кăтартакан экспонатсем, Китайăн çĕр айĕнчи пуянлăхĕпе паллаштаракан япаласем.

Станоксене, двигательсене, точнăй инструментсене, подшипниксене Мускав çыннисем кăмăлласа пăхаççĕ. Станоксем лайăх, трансформаторсемпе моторсем хăватлă. Ĕçлекен станоксем умĕнче производствăра малта пыракансем тăраççĕ. Вĕсем Совет Союзне хăйсен çитĕнĕвĕсене кăтартма килнĕ. Ĕç ударникĕ Лин юлташ мĕнле ĕçлени куçа савăнтарать. Ма Минхэ токарь метала пĕр минутра 1.500 метр тăршшĕ касса савалать. Пир тĕртмелли станок умне те халăх нумай пухăннă. Унта Сун Ю-юн мĕнле майпа лайăх пир тĕртнине кăтартса парать.

Китай Халăх Республикинче транспорта урăхлатса çĕнетес тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса иртернĕ. Электричествăпа çутатакан карттă çавна лайăх кăтартса парать. Китайри ĕççыннисем 3 çул хушшинче вуншар пин километр тăршшĕ чугун çулсене урăхлатса çĕнетнĕ тата çĕнĕ çулсем тунă.

Çĕре шăварма каналсем тăвас ĕç мĕнле пыни çинчен макетсем, фотоÿкерчĕксем, модельсем кăтартса параççĕ. Шăварса тырпул ÿстермелли çĕр лаптăкĕ юлашки темиçе çул хушшинче 3 миллион гектар ытла ÿсни çинчен калакан цифра асра юлать. Выставкăра çĕре шăвармалли «Халăх çĕнтерĕвĕ» текен каналăн пысăк макечĕ пур.

Çăмăл промышленноçпа пир-авăр промышленноçĕн, çавăн пекех аласта производствин продукцине вырнаçтарнă павильонра витринăсем çинче каучукран тата сăранран тунă япаласем, хут, эмальпе витнĕ япаласем, халăха кулленхи кирлĕ япаласем, медицина инструменчĕсем пур. Пурçăнтан, çĕр мамăкĕнчен, çăмран тата йĕтĕнтен тĕртнĕ пирсем куçа илĕртеççĕ.

Ялхуçалăх пайĕнче те тĕрлĕ япаласем нумай. Кантăк банкăсене тĕрлĕ тырпулсем: рис, соя пăрçи, тулă, кукуруза, гаолян тултарнă. Пысăк стенд çинче—тĕрлĕ йышши чей. Тепĕр стенд çинче çĕр мамăкĕ, джут, арахис тĕслĕхĕсем пур. Выльăх-чĕрлĕх продукцине те кăтартнă. Çак пайри экспонатсем çĕршыври ялхуçалăхĕнче пысăк улшăнусем пулнине, ялхуçалăхĕ урăхланса çĕнелнине кăтартаççĕ.

Китайри тата Совет Союзĕнчи халăхсен никам аркатайми туслăхĕ çинчен выставкăн ятарласа тунă пайĕнче кăтартса панă. Çак пай Совет Союзĕпе Китай правительствисен руководителĕсем Совет Союзĕпе Китай Халăх Республики пĕр-пĕринпе туслă пурăнасси, союзлă пуласси тата пĕр-пĕрне пулăшасси çинчен тунă договор çине алă пуснине кăтартакан пысăк картинăпа уçăлать.

Выставкăра Китайăн çурçĕр-хĕвелтухăçĕнчи пайне ирĕке кăларассишĕн кĕрешнĕ çĕрте вилнĕ Совет Çарĕн боецĕсене асăнса лартнă памятникăн макечĕ пур. Витринăсем çинче—Ленинпа Сталинăн китайла куçарса кăларнă произведенийĕсем. Вĕсем Китай халăхне революциллĕ юхăма аталантарас енĕпе малалла кайма çул кăтартса параççĕ тата хавхалантараççĕ. Вырăс тата совет ученăйĕсен, литературăпа искусство деятелĕсен китайла куçарнă произведенийĕсем выставкăра чылай. Китайри туссене çĕнĕ пурнăç тума пулăшакан совет специалисчĕсене ÿкерне фотоÿкерчĕксем нумай.

Китай Халăх Республикинчи промышленноçпа ялхуçалăхĕн выставкине малтанхи кунах темиçе пин çын пырса курнă. (ТАСС).

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-04, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01176 Типография № 1 Министерства Культуры Чувашской АССР г. Чебоксары, Володарского, 5. Тираж 20.000 экз.